ПӖТӖМ ТӖНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПЕРЛЕШӖР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВӖ

Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн Чӑваш обкомӗпе Шупашкар хула комитечӗн тата Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗпе Шупашкар хула Совечӗн хаҫачӗ

1956 ҫул
Январь
8
ВЫРСАРНИКУН
№ 6 (9685)
Хакӗ 20 пус.
38-мӗш ҫул тухать.

## Паянхи номерте:



## Идеологилле ӗҫе пурнӑҫпа тачӑ ҫыхӑнтарса туса пырассишӗн

КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗсем промышленноҫпа ялхуҫалӑхне малалла вӑйлатма палӑртнӑ пысӑк задачӑсене пурнӑҫлама парти организацийӗсен партилле-политикӑлла тата идеологилле ӗҫе нумай лайӑхлатмалла. Анчах ку тӗлӗшпе парти организацийӗсен ӗҫӗнче пысӑк ҫитменлӗхсем пур-ха, вӗсем идеологилле, массӑлла-политикӑлла тата пропагандӑлла ӗҫе ҫителӗксӗр ертсе пыраҫҫӗ. Идеологилле ӗҫри тӗп ҫитменлӗх ку ӗҫе коммунизм строительствинчи практикӑран уйрӑм туса пыни, ӑна предприятисем, колхозсем, бригадӑсем тата фермӑсем умӗнче тӑракан конкретлӑ задачӑсемпе ҫыхӑнтарма пӗлменни пулать.

Коммунистсене тата партире тӑман работниксене марксистла-ленинла воспитани парасси—идеологилле ӗҫӗн паха участокӗсенчен пӗри. КПСС Центральнӑй Комитечӗ коммунистсемпе партире тӑман работниксен идейӑлла-теорилле шайне ӳстерессишӗн ывӑнма пӗлмесӗр тӑрӑшать. Юлашки ҫулсенче марксизм-ленинизм классикӗсен произведенийӗсене, парти съезчӗсен, конференцийӗсен тата КПСС Центральнӑй Комитечӗсен Пленумӗсен материалӗсене, парти историне, политикӑлла экономие вӗренмелли учебниксене, политшкулсенче вӗренмелли кӗнекесене тата ыттисене те пысӑк тиражпа пичетлесе кӑларнӑ. Вӗренме кирлӗ кӗнекесем чӑвашла та пичетленсе тухнӑ. Пропагандистсемпе лекторсен кадрӗсене вӗрентсе хатӗрленӗ.

Ҫапах та коммунистсен марксистла-ленинла вӗренӗвне организацилес ӗҫре пысӑк ҫитменлӗхсемпе йӑнӑшсем пур-ха,— ку вӑл пуҫламӑш парторганизацисен отчетпа суйлав пухӑвӗсенче, хуласенчи тата районсенчи парторганизацисен конференцийӗсенче уҫҫӑн палӑрчӗ. Шупашкар, Канаш, Улатӑр хулисенчи, Сӗнтӗр, Кувакино, Йӗпреҫ, Шупашкар, Октябрьски тата ытти районсенчи парти организацийӗсенче парти вӗренӗвӗн кружокӗсемпе политшкулсенче марксизм-ленинизм теорине вӗренессине республика, хуласем, районсем, предприятисем тата колхозсем умӗнче тӑракан конкретлӑ задачӑсемпе ҫыхӑнтарни сук. Нумай пулмасть-ха идеологилле ӗҫ ыйтӑвӗсемпе республикӑри канашлу пулса иртрӗ. Ҫав канашлура педагогика тата ялхуҫалӑх институчӗн хӑшпӗр преподавателӗсем марксизм-ленинизма вӗренмелли касҫхи университетра кивӗ конспектсен тӑрӑх лекцисем вуланине палӑртрӗҫ. Кун пек лекцисенче, паллах ӗнтӗ, теорилле положенисене хальхи вӑхӑтри задачӑсемпе ҫыхӑнтарассине кӗтмелли ҫук.

Теорие вӗренесси коммунизм строительствин практикинчен уйрӑм пулса пынине пӗтерес пулать. Революцилле теорие пропагандӑлани хамӑрӑн практикӑлла ӗҫе лайӑхлатма, промышленноҫпа ялхуҫалӑхне малалла вӑйлатас, ӗҫсыннисен пурнӑҫне лайӑхлатас, вӗсен культурӑлла шайне хӑпартас задачӑсене пурнӑҫлама пулӑшмалла.

Парти вӗренӗвне йӗркелес тата вӗренӳ пахалӑхне ӳстерес тӗлӗшпе пысӑк ҫитменлӗхсем пурри, чи малтан, КПСС райкомӗсемпе хула комитечӗсем, пуҫламӑш парторганизацисен секретарӗсем нумайӑшӗ идеологилле ӗҫе ҫителӗклӗ хакламаннинчен, коммунистсене марксистла-ленинла воспитани парассишӗн сахал тӑрӑшнинчен, партилле ӗҫӗн паха участокӗ ҫине ҫиелтен пӑхнинчен килет. Ҫакӑнпа ӑнлантарса памалла та ӗнтӗ чылай кружоксемпе политшкулсенче занятисем вӑхӑтра пулманнине тата парти, совет, хуҫалӑх работникӗсенчен пӗр пайӗ хӑйӗн теорилле пӗлӗвне ӳстерме тӑрӑшманнине. Ҫапла, сӑмахран, Хӗрлӗ Чутай райисполкомӗн ялти тата колхозсенчи строительство пайӗн заведующийӗ Софронов, районти апат-ҫимӗҫ комбиначӗн директорӗ Новиков, Йӗпреҫ райпотребсоюзӗн председателӗ Абрамов юлташсем, районсенчи ытти чылай работниксем те марксизм-ленинизм теорине харпӑр хӑй тӗллӗн вӗренме пулнӑ, анчах халӗ те вӗренме тытӑнман. Республикӑри районсемпе хуласенчи парторганизацисен конференцийӗсенче пропагандӑпа агитацие йӗркелес ӗҫри ҫитменлӗхсене тӗплӗн тишкерсе тухманни те парти работникӗсенчен чылайӑшӗ идеологилле ӗҫе тивӗҫлипе хакламаннинчен килнӗ.

Парти организацийӗсен пропаганда ӗҫне ертсе пырассине тӗпренех вӑйлатмалла. Идеологилле ӗҫе хакламанни, марксизм-ленинизма пропагандӑлас тӗлӗшпе сӳрӗккӗн ӗҫлени пулмалла мар. Хальхи вӑхӑтра кадрсене экономикӑна вӗрентессине уйрӑмах тимлӗн туса пымалла.

Партипе правительство кӑларса тӑратнӑ задачӑсене пурнӑҫлама ӗҫсыннисене мобилизацилес ӗҫре политикӑлла агитацие тӑтӑшах туса пыни пысӑк пулӑшу парать. Анчах ҫак ӗҫре те пысӑк ҫитменлӗхсем пур-ха. Политикӑлла агитаци те, пропаганда ӗҫӗ пекех, практикӑран уйрӑм, предприятисем, колхозсемпе учрежденисем умӗнче тӑракан задачӑсемпе ҫыхӑнмасӑр пулса пыни тӗп ҫитменлӗх пулать. Производствӑра малта пыракан рабочисене тата колхозниксене агитаци ӗҫне сахал хутшӑнтараҫҫӗ. Производствӑпа ҫыхӑнса тӑман работниксем вара, производствӑра малта пыракансен опычӗпе паллаштарма, организацисемпе учрежденисен ӗҫӗнчи ҫитменлӗхсене уҫса палӑртма пултарайман пирки, витӗмлӗ агитаторсем пулаймаҫҫӗ. Парти организацийӗсенчен чылайӑшӗ докладсемпе калаҫусем, тӗрлӗрен канашлусем, семинарсем нумайрах иртерме ҫеҫ тӑрӑшаҫҫӗ, агитаци витӗмлӗ пултӑр, умра тӑракан задачӑсене пурнӑҫлама пулӑштӑр тесе тӑрӑшмаҫҫӗ.

Чылай парторганизацисенче массӑсем хушшинче политикӑлла ӗҫе вӑйлатассишӗн кирлӗ пек тӑрӑшманни палӑрать. Элӗк, Шӑхасан, Куславкка тата ытти чылай районсенче агитаторсене пухса кӑтартусем памаҫҫӗ, ӗҫлеме вӗрентмеҫҫӗ. Ҫитменнине тата нумай районсенче парти, совет, хуҫалӑх, профсоюз органӗсенчи ертсе пыракан работниксем рабочисемпе колхозниксем хушшинче политикӑлла ӗҫе туса пымаҫҫӗ. Вӗсенчен хӑшпӗрисем пухусенче сӑмах калама юратаҫҫӗ, анчах цехсенче, бригадӑсенче, выльӑх-чӗрлӗх фермисенче, общежитисенче е ӗҫсыннисен килӗсенче пулса калаҫусем иртерме аса та илмеҫҫӗ.

Ку тӗлӗшпе республикӑри организацисенчи хӑшпӗр ответлӑ работниксем те ҫителӗксӗр ӗҫлеҫҫӗ-ха. Сӑмахран, республикӑри физкультурӑпа спорт комитечӗн председателӗ Солдатченко юлташ 1955 ҫулта Улатӑр хулинчи физкультурниксене пӗрре доклад туса панӑ та урӑх кун пек ӗҫе хутшӑнман. Республика прокурорӗн заместителӗ Громов юлташ ҫулталӑк хушшинче ӗҫсыннисен депутачӗсен хула тата район Совечӗсен исполкомӗсен секретарӗсен семинарӗнче пӗртен-пӗр лекци вуласа панӑ. Республикӑри ҫыхӑну управленийӗн начальникӗ Дмитриев юлташ та иртнӗ ҫулталӑк хушшинче халӑх умӗнче политикӑлла докладсем туман. Ҫавӑн пекех министерствӑсенчи ответлӑ работниксенчен чылайӑшӗ заводсемпе колхозсенче докладсем туни сайра хутра ҫеҫ пулать-ха.

Парти, совет, профсоюз тата комсомол органӗсенчи ертсе пыракан работниксем политикӑлла докладсем туни, лекцисем вулани, — ӗҫсыннисемпе ҫыхӑну тытмалли формӑсенчен пӗри. Вӗсен докладсем туса парас ӗҫе тӑтӑшах хутшӑнмалла, рабочисемпе, колхозниксемпе тата служащисемпе калаҫусем иртермелле, массӑсем каланине тимлӗн итлемелле, ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерме мерӑсем йышӑнмалла.

Ҫак кунсенче совет ҫыннисем пурте Совет Союзӗнчи Коммунистсен партийӗн XX-мӗш съездне ӗҫри ҫӗнӗ ҫитӗнӳсемпе кӗтсе илес тесе пысӑк хаваслӑхпа ӗҫлеҫҫӗ. Парти организацийӗсен ӗҫсыннисен хастарлӑхне тата ытларах ӳстермелле, пропагандӑпа агитаци ӗҫне вӑйлатса, ӑна пурнӑҫпа тачӑ ҫыхӑнтарса, ҫӗнӗ ҫулта республика, районсем, предприятисем, МТС-сем тата колхозсем умӗнче тӑракан мӗнпур задачӑсене чыслӑн пурнӑҫлас тӗллевпе туса пымалла.

## *РСФСР Верховнӑй Совет Президиумӗн*
## *УКАЗӖ*
### РСФСР ВЕРХОВНӐЙ СОВЕТНЕ ПУХАССИ ҪИНЧЕН

РСФСР Верховнӑй Совет Президиумӗ ҫапла йышӑнать:

Россия Советлӑ Федеративлӑ Социализмлӑ Республикин тӑваттӑмӗш созыври Верховнӑй Совечӗн иккӗмӗш сессине 1956 ҫулхи январӗн 23-мӗшӗнче Мускав хулинче пухас.

*РСФСР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председателӗ М. ТАРАСОВ.*

*РСФСР Верховнӑй Совет Президиумӗн Секретарӗ И. ЗИМИН.*

Мускав, 1956 ҫулхи январӗн 7-мӗшӗ.

## СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председателӗ К. Е. Ворошиловпа Инди Президенчӗ Раджендра Прасад пӗр-пӗрин патне посланисем яни

СССР Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Н. А. Булганин юлташпа СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Членӗ Н. С. Хрущев юлташ хӑйсем Индире пулнӑ вӑхӑтра Инди Президентне Р. Прасада СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председателӗнчен К. Е. Ворошилов юлташран саламлӑ послани панӑ.

Инди Президентӗнчен Р. Прасадран СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председательне К. Е. Ворошилов юлташа ответлесе янӑ послание илнӗ.

Аяларахра посланисен текстӗсем пичетленеҫҫӗ.

### *Унӑн Превосходительствине Раджендра ПРАСАД доктора, Инди Республикин Президентне*

Сирӗн Превосходительство!

Советлӑ Социализмлӑ Республикӑсен Союзӗн Министрӗсен Совечӗн Председателӗ Н. А. Булганинпа Советлӑ Социализмлӑ Республикӑсен Союзӗн Верховнӑй Совет Президиумӗн Членӗ Н. С. Хрущев Индие пынипе усӑ курса, эпӗ Совет Союзӗнчи халӑхсен, Советлӑ Социализмлӑ Республикӑсен Союзӗн Верховнӑй Совет Президиумӗн ячӗпе тата хам ятӑмпа Сире, Президент господин, тата пӗтӗм аслӑ Инди халӑхне чунчӗререн саламласа ырӑ сунасшӑн.

Совет Союзӗпе Инди тӗнчери мире сыхласа хӑварма, халӑхсем хушшинчи туслӑха тата вӗсем килӗштерсе ӗҫлесе пурӑнассине ҫирӗплетме чунтан тӑрӑшаҫҫӗ. Пирӗн ҫӗршывсем хушшинчи туслӑ, чӗререн килекен ҫыхӑнусем тата пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлесе пурӑнасси ытларах та ытларах сарӑлса ҫирӗпленсе пынине эпӗ савӑнса палӑртатӑп. Ҫакӑн пек ҫыхӑнусем тума Инди Премьер-Министрӗ Неру господин пумаях пулмасть Совет Союзне килсе кайни нумай пулӑшрӗ.

Советлӑ Социализмлӑ Республикӑсен Союзӗн Верховнӑй Совет Президиумӗ Сирӗн Превосходительствӑна—мире юратакан аслӑ государствӑн—Инди Республикин пуҫлӑхне саламлать.

Эсир пӗтӗм тӗнчери мире сыхласа хӑварас тата ҫирӗплетес ӗҫре, Индипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑ ҫыхӑнусене вӑйлатас ӗҫре пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине совет халӑхӗ пысӑка хурса хаклать.

Президент господин, ҫакна шанса тӑма ирӗк парсамӑр: Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев Сирӗн ҫӗршыва пыни хамӑрӑн ҫӗршывсенчи халӑхсен ырлӑхӗшӗн, пӗтӗм тӗнчери мирӗн аслӑ ӗҫӗшӗн Индипе Совет Союзӗ хушшинчи ҫав тери телейлӗн тытӑнса тӑракан туслӑха тата пӗр-пӗринпе килӗштерсе ӗҫлесе пурӑнассине татах та ытларах ҫирӗплетӗ.

**К. ВОРОШИЛОВ,**
**СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председателӗ.**

Мускав, Кремль,
1955 ҫулхи ноябрӗн 16-мӗшӗ.

### *Унӑн Превосходительствине К. ВОРОШИЛОВ Маршала, СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председательне*

*Мускав*

Сирӗн Превосходительство,

Булганин господинпа Хрущев господин килнӗ май Эсир Совет Союзӗн халӑхӗ Инди халӑхне ырӑ суннине палӑртса янӑ послание илме телейлӗ пултӑм эпӗ.

Индипе Совет Союзӗ хушшинчи туслӑ ҫыхӑнусем аталанса пынине эпӗ уйрӑмах интересленсе сӑнатӑп. Ҫак туслӑх вӑл, Сирӗн Превосходительство та палӑртнӑ пекех, Инди Премьер-Министрӗ Неру иртнӗ ҫулла Совет Союзне пырса килнипе ҫирӗпленчӗ. Совет Союзӗн руководителӗсем Индие килни ҫак туслӑха малалла аталантарма пулӑшрӗ, ун ҫинчен пӗлме эсир телейлӗ пулатӑр тесе шутлатӑп. Вӗсем ӑҫта кӑна кайса курса ҫӳремерӗҫ—вӗсене пур ҫӗрте те халӑх массисем питӗ хавхаланса кӗтсе илчӗҫ. Ҫапла вара пирӗн халӑхӑн Совет Союзӗн халӑхне хисеплениe тата юратнине кӑтартса пама май пулнӑшӑн эпӗ савӑнатӑп.

Эсир хӑварӑн ҫӗршыва хӳтӗлес тата аталантарас тӗлӗшпе тунӑ тава тивӗҫлӗ ӗҫсене Индире пӗлсе тӑраҫҫӗ. Эсир мире тата мӗнпур ҫӗршывсем хушшинчи ырӑ кӑмӑлпа пурӑнассине ҫирӗплетессишӗн тӑрӑшнине те эпӗ пӗлетӗп. Пирӗн ҫӗршывсем хушшинче ӳссе пыракан туслӑх тата вӗсем килӗштерсе ӗҫлесе пурӑнни пӗтӗм тӗнчери мир ӗҫне вӑйлатма пулӑшасси пирки эпӗ иккӗленместӗп.

**Раджендра ПРАСАД**
**Инди Президенчӗ.**

Раштрапати Бхаван, Нью-Дели,
1955 ҫулхи декабрӗн 5-мӗшӗ.

### Телеграмма

*Унӑн Превосходительствине*

### *СССР Министрӗсен Совечӗн Председательне господина*

*Мускав*

Суверённӑй Судан Республикине хисеплесе йышӑннӑ май ӑшӑ кӑмӑлпа саламласа сывлӑх суннӑшӑн тав тӑватӑп, хам ҫав тери кӑмӑллӑ пулни ҫинчен пӗлтеретӗп, дипломати енӗпе тата консулсем урлӑ ҫыхӑнма, суту-илӳ енӗпе ҫыхӑну тытма хатӗр тӑнине ырлатӑп, эпӗ те ҫавӑн пекех шутлатӑп.

Судан мире сыхлас ӗҫе тата тӗнчери мӗнпур расӑсен хушшинчи туслӑ хутшӑнусене аталантарас ӗҫе хӑйне тивӗҫлӗ вӑй хума май пулӗ тесе шанса тӑрать.

Совет халӑхне телейпе прогресс сунма, хам чун-чӗререн чыс туни тата хисеплени ҫинчен Сирӗн Превосходительствӑна ӗнентерсе калама ирӗк парсамӑр.

**Судан Премьер-Министрӗ.**

Хартум хули.

### Телеграмма

### *СССР Верховнӑй Совет Президиумӗн Председательне*

*Мускав, Кремль*

Судан никама пӑхӑнмасӑр пурӑнакан государство пулса тӑни ҫинчен пӗлтернӗ май Эсир саламлӑ послани янӑшӑн эпӗ хамӑр Суданӑн представительсен палати ячӗпе чун-чӗререн тав туни тата ӑшӑ туйӑмпа ырӑ сунни ҫинчен пӗлтеретӗп.

**Председатель Бабакир Авадалла.**

Хартум хули.

## Ӑш-какайпа сӗт-ҫу продукчӗсен промышленноҫӗн ҫӗнӗ предприятийӗсем

ССР Союзӗн Ӑш-какайпа сӗт-ҫу промышленноҫӗн министерствинче ҫӗнӗ предприятисем мӗн чухлӗ тунине, вӗсене пысӑк тухӑҫлӑ ӗҫлекен ҫӗнӗ оборудованипе пуянлатнине палӑртнӑ. Иртнӗ ҫул сӗт заводӗсем, аш-какай комбиначӗсем, холодильниксем 200 ытла туса ӗҫе янӑ. Харьковра, Одессӑра, Днепропетровскра, Алма-Атара, Карагандара, Кишиневра аш-какай комбиначӗсем, Николаевра, Днепродзержинскра, Усть-Каменогорскра, Владимирта, Ульяновскра тата ытти хуласенче сӗт-ҫу заводӗсемпе комбиначӗсем туса лартнӑ. Мускавра сӗт-ҫу комбиначӗн пирвайхи пайне ӗҫе янӑ. Совет Союзӗнчи ҫак пилек те пысӑк предприяти талӑкра 600 тонна ытла сӗт продукчӗсем туса кӑларать.

1956 ҫулта аш-какайпа сӗт-ҫу промышленноҫӗн 100 ытла ҫӗнӗ предприятийӗсене ӗҫе яраҫҫӗ. Предприятисенче производствӑн нумай процесӗсене механизацилеҫҫӗ. (ТАСС).

## Халӑхсем хӗҫпӑшалсене чакармалла, ядернӑй хӗҫпӑшала чарса лартмалла тӑвассишӗн ҫине тӑрса кӗрешме тивӗҫлӗ!

**Мире сыхлас тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет комитечӗн президиумӗн ларӑвӗ**

Январӗн 6-мӗшӗнче Н. С. Тихонов председатель пулса ертсе пынипе Мире сыхлас тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет комитечӗн президиумӗн ларӑвӗ пулса иртнӗ. Ларӑва обществолла чылай организацисен представителӗсем те хутшӑннӑ. Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗн 1955 ҫулхи декабрӗн 11 — 13-мӗшӗсенче Хельсинкире пулса иртнӗ сессийӗн итогӗсем ҫинчен Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн вице-председателӗ И. Г. Эренбург каласа панӑ.

Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗ мире юратакан мӗнпур вӑйсене васкаса хӗҫпӑшалланассине чарса лартассишӗн, хӗҫпӑшалсене чакарасси ҫинчен тата ядернӑй хӗҫпӑшала чарса лартасси ҫинчен килӗшӳсем тутарассишӗн пӗтӗм вӑя хурса кӗрешме чӗннӗ.

Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗн тӗнчери лару-тӑрӑва малалла ҫӑмӑллатма пулӑшакан ҫак ырӑ пуҫарӑвне Мире сыхлас тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет комитечӗн президиумӗ пӗтӗмӗшпех ырланӑ. Васкаса хӗҫпӑшалланни тата ядернӑй хӗҫпӑшал туса кӑларни хальхи вӑхӑтра пӗтӗм тӗнчере ҫирӗп мир тумалли ҫул ҫинчи тӗп чӑрмав пулса тӑрать. Ҫавӑнпа та мӗнпур ҫӗршывсенчи ырӑ кӑмӑллӑ ҫынсем, пӗр шухӑшлӑ пулса, хӗҫпӑшалсӑрланма, атомлӑ тата водородлӑ хӗҫпӑшала чарса лартма требовани лартаҫҫӗ.

Ларура ҫакна палӑртнӑ: Совет государстви мире юратса тунӑ паха ӗҫе—ССР Союзӗн 1956 ҫулхи бюджетӗнче оборона валли каймалли расходсене, 1955 ҫулхипе танлаштарсан, 10 миллиард тенкӗ яхӑн чакарнине совет ҫыннисем ырларӗҫ. Ҫак ӗҫ Совет Союзӗ мире юратнине, вӑл хӗҫпӑшалсене чакарасси ҫинчен тата ҫынсене пӗтерекен хӗҫпӑшала чарса лартасси ҫинчен ҫӗршывсем хушшинче килӗшӳ тӑвассишӗн тӑнине, ҫавӑншӑн тӑрӑшнине ҫӗнӗрен кӑтартса парать.

Совет халӑхӗ Совет правительствин мирлӗ политикине ырлать. Н. А. Булганинпа Н. С. Хрущев нумаях пулмасть Индие, Бирмӑна тата Афганистана кайса килни ҫак политикӑн чӑн-чӑн чаплӑ ҫитӗнӗвӗ пулса тӑрать. Вӑл халӑхсем мирпӗн ҫирӗп тӑнине кӑтартса пачӗ.

Мире сыхлас тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет комитечӗн президиумӗ ҫакна шанса тӑрать: хӗҫпӑшалсене пур ҫӗрте те чакарасси тата ядернӑй хӗҫпӑшала чарса лартасси ҫинчен ҫӗршывсем хушшинче килӗшӳ тӑвассишӗн татӑклӑн кӗрешме Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн бюровӗ чӗнсе каланине пӗтӗм совет общественноҫӗ,— рабочисем, колхозниксем, интеллигенци, Совет Союзӗнчи мӗнпур обществолла организацисем тата ӗҫсыннисен пӗрлешӗвӗсем хӗрӳллӗн ырласа йышӑнӗҫ.

Халӑхсем васкаса хӗҫпӑшалланассине чарса лартассишӗн пӗтӗм вӑйпа ҫине тӑма пултараҫҫӗ тата тивӗҫлӗ те. Вӗсем правительствӑсене атомлӑ тата водородлӑ хӗҫпӑшала чарса лартассине пурнӑҫлаттарма пултараҫҫӗ. Вӗсем Женева шухӑш-кӑмӑлӗ, мирлӗ калаҫусем иртерес шухӑш пӗтӗм тӗнчере ҫӗнтермелле тума пултараҫҫӗ.

Ларура ҫавӑн пекех Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн Бюровӗн сессийӗ йышӑннӑ решенисене кура Мире сыхлас тӗлӗшпе ӗҫлекен Совет комитечӗ умӗнче тӑракан задачӑсем ҫинчен комитетӑн ответлӑ секретарӗ М. И. Котов пӗлтернине итленӗ.

Комитет президиумӗ совет общественноҫне Пӗтӗм тӗнчери Мир Совечӗн Бюровӗ чӗнсе калапипе тӗплӗн паллаштарас тӗлӗшпе тумалли ӗҫсен планне хатӗрленӗ. Президиум урӑх ҫӗршывсенчи тӗрлӗ ушкӑнсемпе туслӑ ҫыхӑнусем тытассине малалла ҫирӗплетме чылай мерӑсем йышӑнма палӑртнӑ, туслӑ ҫыхӑнусене васкаса хӗҫпӑшалланнине хирӗҫ тата ядернӑй хӗҫпӑшала чарса лартассишӗн пӗрле кӗрешес тӗллевпе ҫирӗплетсе пыма палӑртнӑ.

(ТАСС).

## Совет Союзӗпе Югослави хушшинчи суту-илӳ ҫинчен

СССР правительствипе Федеративлӑ Югослави Халӑх Республики правительствин делегацийӗсем хушшинче экономика ыйтӑвӗсем пирки иртернӗ калаҫусем ҫинчен 1955 ҫулхи сентябрӗн 1-мӗшӗнче йышӑннӑ протоколпа килӗшӳллӗн 1956 ҫулхи январӗн 6-мӗшӗнче Белградра ССР Союзӗпе Федеративлӑ Югослави Халӑх Республики хушшинчи 1956 ҫулхи тавар ҫаврӑнӑшӗ ҫинчен калакан Протокол ҫине алӑ пуснӑ. Протоколра ССР Союзӗпе Федеративлӑ Югослави Халӑх Республики хушшинчи тавар ҫаврӑнӑшне малалла ӳстерме палӑртнӑ.

1956 ҫулта кашни енӗ тӑратакан таварсен хакӗ, 1955 ҫулхи сентябрӗн 1-мӗшӗнчи протокол тӑрӑх йышӑннӑ пек, 35 миллион доллартан кая мар пулать.

1956 ҫулта Совет Союзӗ Югославие коксланакан ҫӗр кӑмрӑкӗ, ҫӗр мамӑкӗ, нефть, сӗлӗ, искусственнӑй удобренисем, марганец руди, прокат, тӗслӗ металсем, машинӑсем, оборудовани тата Федеративлӑ Югослави Халӑх Республикин халӑх хуҫалӑхне кирлӗ ытти таварсем тӑратать.

Югослави Совет Союзне табак, кантӑр сӳсӗ, типӗтнӗ слива, аш-какай, бокситсем, хура тӑхлан, цемент, ҫӑм пир-авӑр, тирсӑран, атӑ-пушмак, тӗрлӗ химикатсем, йывӑҫран тунӑ япаласем тата ытти таварсем тӑратать.

Протокол ҫине ҫаксем алӑ пуснӑ: Совет Союзӗ енчен—ССР Союзӗн Федеративлӑ Югослави Халӑх Республикинчи Суту-илӳ представителӗ Я. И. Красюк, Югослави енчен — Посол тата ют ҫӗршыв ӗҫӗсен государство секретариатӗнчи Государство советникӗ Стане Павлич.

## Ҫӗр кӑмрӑк кӑлармалли ҫӗнӗ шахта

Январӗн 5-мӗшӗнче Челябинск бассейнӗнчи пӗрремӗш номерлӗ Красносельски шахтӑра ҫӗр кӑмрӑкӗ кӑларма тытӑннӑ.

Шахтӑра мӗнпур ӗҫсене, кӑмрӑк касассинчен пуҫласа ӑна ҫиеле кӑларасси таранах, механизациленӗ. Ҫӗр кӑмрӑкне шахтӑран хӑпартас, чугун ҫул вагонӗсем ҫине тиес ӗҫсене те механизмсемпе усӑ курса тӑваҫҫӗ. Ҫиелти механизмсене пурне те автоматла устройство пулӑшнипе ӗҫлеттереҫҫӗ. Унӑн ӗҫне пӗр оператор йӗркелесе пырать.

Проектра палӑртнӑ тӑрӑх шахта талӑкра 1.500 тонна кӑмрӑк кӑлармалла. Шахта ҫывӑхӗнче Красногорск поселокӗ ӳссе ларнӑ. (ТАСС).

### ТАДЖИКИСТАНРА САДСЕМПЕ ВИНОГРАДНИКСЕМ ЛАРТАҪҪӖ

Вахш тата Гиссар айлӑмӗсенче питӗ ӑшӑ хӗл тӑрать. Колхозсемпе совхозсем садсем тата виноградниксем лартма тытӑннӑ. Хӗллехи вӑхӑтра тата ҫуркунне республикӑра 2 пин гектар ҫине улма-ҫырла йывӑҫҫисем лартма палӑртнӑ. (ТАСС).

СВЕРДЛОВСК ОБЛАҪӖ. Нумаях пулмасть Асбест хулинче асбест фабрики усӑлнӑ.

УКЕРЧӖК ҪИНЧЕ: электровоз асбест тӑпри турттарать.

А. ГРАХОВ фотоӳкерчӗкӗ (ТАСС фотохроники).

# Строительство юлса пынине хăвăртрах пĕтермелле

Пилĕкмĕш пилĕкçуллăхра пирĕн республикăра, цĕтĕм çĕршыври пекех, строительство ĕçĕсем анлăн саралса пычĕç. Шупашкарта пир-авăр комбиначĕ, механизациленĕ çăкăр завочĕ, пысăк теплоэлектростанци, Элĕкре—сĕт-сăпă-кантăр завочĕ, Канашра, Вăрмарта — кирпĕч завочĕсем ĕçлеме тытăнчĕç. Чылай кивĕ предприятисенче çĕнĕ цехсем, мастерскойсем усăнă, çĕнĕ оборудовани вырнаçтарса лартнă. Потребкоопераци тата ытти суту-илӳ организацийĕсем енĕпе çăкăр завочĕсем, магазинсем, столовăйсем, овощехранилищĕсем тунă. КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ хыççăн государство ялхуçалăхне укçа-тенкĕ нумайрах уйăрса пама тытăнчĕ. Уйрăмах МТС-сем строительство енĕпе пысăк ĕçсем тăваççĕ: мастерскойсем, гаражсем, складсем нумай туса лартаççĕ, оборудовани туянаççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕççыннисен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатассишĕн, вĕсен культурине ӳстерессишĕн тăрăшаççĕ. Ăна пурăнмалли çуртсем, культурăпа йăла учрежденийĕсем туса лартма укçа-тенкĕ, материалсем, оборудовани çулсеренех нумай уйăрса панинчен те курма пулать. Шупашкарта педагогика институчĕпе ялхуçалăх институчĕ валли пысăк çуртсем лартаççĕ. Пилĕкçуллăхра республикăра 21 шкул, ача сачĕсемпе яслисем—17, больницăсемпе поликлиникăсем—8 тунă. Канаш станцинче вокзал туса лартнă. Кунсăр пуçне колхозсем çĕнĕ витесем, культурăпа йăла учрежденийĕсем, электростанцисем çулсеренех чылай лартаççĕ. Хуласемпе поселоксенче пурăнакан рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, государство пулăшнипе, хăйсем валли 4 пин ытла пурăнмалли çурт лартнă. Ялти ĕççыннисем вара тата нумайрах — 20 пин ытла пурăнмалли çурт лартнă.

Республикăра строительство ĕçĕсем мĕн тери ӳссе пынине çакăнтан уççăн курма пулать: 1951—1955 çулсенче, тăваттăмĕш пилĕкçуллăхрипе танлаштарсан, государство енĕпе халăх хуçалăхĕпе культура строительствине икĕ хут нумайрах, урăхла каласан, 1 миллиард тенке яхăн укçа хывнă. Çакă вăл Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви нациллĕ республикăсен экономикипе культурине хăвăртрах аталантарма тăрăшнине уççăн кăтартса парать.

Иртнĕ пилĕкçуллăхра республикăра строительствăпа монтаж организацийĕсен хисепĕ ӳсрĕ. Шупашкарта, Канашра, Улатăрта çĕнĕ трестсемпе управленисем усăнă. Халĕ пĕтĕм строительство ĕçĕсенчен 75 процентне подряднăй организацисем пурнăçлаççĕ. Строительство организацийĕсем машинăсемпе механизмсем нумай туянчĕç, хушма предприятисем, мастерскойсем чылай усрĕç. Уйрăмах техникăна алла илнĕ, пуçарулăх та ăста строительсен кадрĕсем ӳссе çитĕннине палăртас пулать. Кашни стройкăрах новаторсем, рационализаторсемпе изобретательсем пур.

Республикăра строительство материалĕсем туса кăларасси çулсеренех ӳсет. Сăмахран, 1955 çулта, 1940 çулхипе танлаштарсан, кирпĕч 3 хут нумайрах туса кăларнă. Кĕскен каласан, пирĕн çĕнĕ предприятисем, çуртсем, учрежденисем туса лартма, государство уйăрса паракан укçа-тенкĕпе вăхăтра усă курма мĕн кирли пурте çитеннĕ.

Çĕнĕ çултан пуçланас умĕн хăшпĕр министрсем, управлени начальникĕсем, хула Совечĕсемпе райсоветсен исполкомĕсен председателĕсем, хуçалăх руководителĕсем, çавăн пекех КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен секретарĕсем çулсеренех правительствăран строительство валли укçа-тенкĕ нумайрах уйăрса пама ыйтаççĕ, тепĕр чухне пиксенсех тавлашаççĕ, ятлаçаççĕ. Ку—паха тĕслĕх, вăл асăннă руководительсем хăйсем ертсе пыракан организацисемпе предприятисене аталантарма, вĕсен ĕçне лайăхлатма тăрăшнине кăтартать. Анчах нумай çулсенчи опытран çакă уççăн курăнать: республикăри чылай министерствăсем, управленисем, хула Совечĕсемпе райсовет исполкомĕсем тата хуçалăх организацийĕсем партипе правительство пулăшăвĕпе кирлĕ пек усă курма тăрăшмаççĕ.

Рабочисен, колхозниксемпе интеллигенцин пĕрмаях ӳссе пыракан ыйтăвĕсене тулли тивĕçтересси пурăнмалли çуртсене, больницăсене, ача сачĕсене, столовăйсене, магазинсене тата ыттисене вăхăтра туса лартнинчен сахал мар килнине пурте пĕлеççĕ. Анла пулин те республика, пĕтĕмĕшпе илсен, строительство планне çулсеренех тултараймасть. Тӳрех калас пулать: хальхи вăхăтра строительство—пирĕн халăх хуçалăхĕн чи юлса пыракан отраслĕсенчен пĕри. Государство строительство валли уйăрса паракан укçа-тенкĕрен республикăра пилĕк çул хушшинче пурĕ 120 миллион тенкине усă курманни çакна питĕ уççăн çирĕплетсе парать. Çавăн чухлĕ укçа-тенкĕпе пурăнмалли çуртсем, шкулсем, больницăсем, клубсем т. ыт. те чылаях лартма пулать.

Уйрăмах пурăнмалли çуртсем лартасси юлса пырать. 1951—1954 çулсенче планпа палăртнинчен 28,6 пин тăваткал метр чухлĕ çахалтарах пурăнмалли çуртсем лартнă, 1955 çулхи 11 уйăхра пурăнмалли çуртсем туса пĕтермелли çулталăкри плана çурри ытларах çеç тултарнă. Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ валли 3,5 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем туса пĕтермелле пулнă, çăннипе 11 уйăхра пĕр çурт та туса пĕтермен. Трактор деталĕсем тăвакан заводра, Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатĕнче те çак ĕç япăх пырать.

Чăваш АССР Çутĕç министерствипе Сывлăх министерствине шкулсем, ача сачĕсем, больницăсем, ача яслисем тата ытти учрежденисем лартма çулсеренех нумай укçа-тенкĕ уйăрса пачăççĕ. Анчах вĕсем строительство ĕçĕпе тĕплĕн интересленмеççĕ, плана çулсеренех тултараймаççĕ. Сăмахран, Чăваш АССР Çутĕç министерстви ача сачĕсем тата шкулсем туса пĕтермелли 1954 çулхи плана 33—35 процент çеç тултарнă. План тăрăх 1955 çулта 5 шкул туса пĕтермелле пулнă, çăннипе Шупашкарта тата Тĕрлемесре çеç туса пĕтернĕ. Хăшпĕр шкулсене темиçе çул хушши тăваççĕ, ăна пула вĕсем хакла лараççĕ. Сывлăх министерстви ача яслисем тумалли плана 53 процентран ытла тултарни пĕр çул та пулман.

Строительство планне тултарасси подряднăй организацисем ăнăçлă ĕçленинчен нумай килет. Строительство тресчĕсемпе управленисем плана çултан-çул тултараймаççĕ. Уйрăмах «Мебельстройăн» Çĕмĕрлери 32-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕ япăх ĕçленине палăртас пулать. 1951—1953 çулсенче вăл плана çурри те тултарман, 1955 çулта та çителĕксĕр ĕçленĕ. Çавна пула Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбинатне пысăклатасси, рабочисем валли пурăнмалли çуртсем лартасси вăраххăн пулса пырать.

Ĕç ăнăçлăхне механизмсемпе тулли усă курни татса парать. Строительство тресчĕсемпе управленисен оборудовани нумай, унпа тĕрĕс усă курни кирлĕ. Тăватă çул хушшинче «Легпромстройăн» 11-мĕш трестĕнче машинăсемпе механизмсен шучĕ виçĕ хут ӳснĕ. Стройкăсенче йывăр ĕçсене пĕтĕмпех механизацилесе çитермелле пулнă. Çăннипе чылай ĕçсене халĕ те алăпа тăваççĕ. Штукатурка тăвассине «Легпромстройăн» 11-мĕш трестĕнче 34 процент, 123-мĕш стройтрестра 23 процент, «Чăвашстрой» трестра 19 процент çеç механизациленĕ. «Легпромстройăн» 11-мĕш трестĕнче бульдозерсемпе экскаваторсем час-часах ĕççĕр тăраççĕ, апла пулин те çĕр чавса купаламалли ĕçе пĕтĕмпех механизацилесе çитермен. «Чăвашстрой» трестра çĕр чавса купаламалли ĕçе çуррине яхăн алăпа тăваççĕ. «Росмясмолстройăн» строительствăпа монтаж управленийĕнче тата СССР Электротехника промышленность министерствин иккĕмĕш строительство управленийĕнче материалсене тиесе пушатассине япăх механизациленĕ.

Механизмсемпе япăх усă курни ĕç тухăçлăхне ӳстерме, строительство хакне йӳнетме чăрмантарать. СССР Электротехника промышленность министерствине пăхăнса тăракан иккĕмĕш строительство управленийĕсĕр пуçне, 1951—1954 çулсенче ытти строительство организацийĕсем ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана тултарман. Республикăра пинщер строитель. Вĕсенчен кашниех нормăна тултарса пынă пулсан, строительство юлса пыни чылай чаккă пулĕччĕ. Ĕç тухăçлăхне ӳстерни халăх хуçалăхĕшĕн питĕ пысăк вырăн йышăннине çакăнтан курма пулать: 1954 çулта «Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕ, вăл ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана тултарнă пулсан, 9 миллион тенкĕлĕх строительство ĕçĕсем нумайрах тунă пулĕччĕ. 1955 çулта çак трестра тата ытти хăшпĕр организацисенче производствăна организацилесси пăртак лайăхланчĕ, ĕç тухăçлăхĕ ӳсрĕ, çапах та унта тухăçлăрах ĕçлемелли майсем халĕ те нумай-ха.

Строительство ĕçĕнчи тепĕр пысăк çитменлĕх вăл — çĕнĕ предприятисемпе çуртсен хакне йӳнетессишĕн, материалсене перекетлессишĕн япăх кĕрешни. Трестсемпе управленисем строительство хакне йӳнетмелли заданисене тăтăшах пурнăçламаççĕ, укçа-тенкĕпе материалсене тирпейсĕр расходлаççĕ. Тăватă çул та тăхăр уйăхра «Легпромстройăн» 11-мĕш тресчĕ сметăсемпе палăртнинчен 12 миллион тенке яхăн ытларах расходланă. Çавăн чухлĕ укçапа миçе шкул, мĕн чухлĕ больница тата пурăнмалли çурт лартма пулать! 1955 çулхи тăхăр уйăхра «Чăвашстрой» трест строительство ĕçĕсен хакне 10,5 процент хаклăлатнă. Хуçалăх расчетне çирĕплетессишĕн, техникăпа тулли усă курассишĕн, малта пыракансен опытне анлă сарассишĕн çителĕксĕр кĕрешнине пула строительство организацийĕсем час-часах финанс тĕлĕшĕнчен йывăрлăх тӳсеççĕ.

Республикăра строительство организацийĕсем чылай, вĕсенчен хăшпĕрисем вăйсăр, вĕсен механизмсем тата ăста кадрсем çителĕксĕр. Юлашки вăхăтра республикăри ертсе пыракан организацисем пуçарнипе Шупашкарти хăшпĕр трестсемпе управленисене пĕрлештерме йышăннă. Анчах малашне татса памалли ытти ыйтусем те сахал мар. Нумай районсенче, предприятисемпе учрежденисенче строительство ĕçне хуçалăхла меслетпе тума тивет, мĕншĕн тесен вĕсемпе подрядчиксем договор тумаççĕ. Учрежденисен çурчĕсене юсама çулсеренех укçа-тенкĕ уйăрса параççĕ. Строительство тресчĕсемпе управленисем юсав ĕçĕпе пачах интересленмеççĕ. Çавăн пирки çулсеренех чылай укçа-тенкĕпе усă курмаççĕ, учрежденисен çурчĕсем вăхăтсăр япăхланаççĕ. Пирĕн шутпа, трестсемпе управленисенче юсав ĕçĕсене тума ятарласа бригадăсем организацилемелле. Çак пилĕкçуллăхра пĕтĕм строительствăпа монтаж ĕçĕсене подряднăй организацисем урлă туса пыма тăрăшмалла, унсăрăн кустарщинăна пĕтерме йывăр.

Сӳлерех асăннă çитменлĕхсенчен çакăн пек вывод тухса тăрать: министерствăсем, управленисем, трестсем, предприятисем, хула Совечĕсемпе райсовет исполкомĕсем строительство юлса пынине пĕтерме татăклă мерăсем йышăнмаççĕ, стройкăсен экономикипе тата техникипе тĕплĕн интересленмеççĕ. Çакă республика экономикипе культурине хăвăртрах аталантарма, государство заданийĕсене вăхăтра пурнăçласа пыма чăрмантарать.

Трестсемпе управленисем тĕрлĕрен министерствăсене пăхăнса тăраççĕ, республикăра вĕсене пĕрлештерекен хуçалăх организацийĕ çук. Çавăнпа строительсен малта пыракан опытне пĕтĕçтерсе сарас тĕлĕшпе Чăвашоблпрофсоветăн пуçарулăрах пулмалла. Халлĕхе вăл строительсем хушшинче социализмла ăмăртăва вăйлатас, новаторсен меслетне сарас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлет, строительсен канашлăвĕсене, конференцийĕсене сахал ирттерет. Строительсен пархатарлă опычĕсене çутатакан плакатсем, кĕнекесем пичетлесе кăларманпа пĕрех. Чăвашгосиздат тата министерствăсемпе трестсем çак ĕçе хаклаççĕ.

Шупашкар хулинче строительсем 10 пин çын ытла. Вĕсем пĕр-пĕрин меслечĕпе, йывăрлăхсене мĕнле майпа пĕтернипе интересленеççĕ, анчах пĕрле пухăнса калаçма, тĕл пулма хулара условисем çук. Вăрçăччен, ун чухне строительсем хальхинчен темиçе хут сахалтарах пулнă пулин те, хулара ятарласа усăнă клуб пурччĕ. Çав клуб строительсене воспитани парас, паха пуçарусене пропагандăлас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттеретчĕ. Пирĕн шухăшпа, Шупашкарта Техника çурчĕ лартма вăхăт çитнĕ.

Обласри парторганизацин иртнĕ конференцийĕнче строительство юлса пынине хытă критикленĕччĕ. Анчах çав критикăран КПСС Шупашкар, Канаш, Улатăр хула комитечĕсем, Çĕмĕрле райкомĕ тивĕçлĕ вывод туман, строительсем хушшинче партилле-политикăлла тата массăлла-агитацилле ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен. Вĕсем стройкăсенчи пысăк çитменлĕхсене пĕтерме, усă курман резервсене палăртма татăклă мерăсем йышăнмаççĕ. Республикăра строительство ĕçĕсем юлса пынăшăн КПСС обкомĕн промышленноçпа транспорт пайĕ те ответлă. Вăл стройкăсенчи парторганизацисен, коммунистсемпе комсомолецсен паха опытне цĕтĕçтерсе сарма, критикăпа самокритикăна вăйлатма, КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен строительствăна ертсе пырас ĕçри рольне хăпартма кирлĕ пек тăрăшмасть.

1956 çулта республикăра строительство ĕçĕсем тата анлăрах сарăлаççĕ. Государство планĕнче палăртнă предприятисене, учрежденисен çурчĕсемпе пурăнмалли çуртсене вăхăтра тата пысăк пахалăхпа туса пĕтересси—пĕтĕм партипе совет общественноçĕн тивĕçĕ. КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен строительство организацийĕсен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăмалла, ĕçри çитменлĕхсемпе йывăрлăхсене пĕтерме тăтăшах пулăшмалла, строительство юлса пынине хăвăртрах пĕтермелле.

Ф. ЯКИМОВ,
Чăваш АССР Статистика управленийĕн начальникĕ.

## Депутат халăх шанăçне тӳрре кăларать

Кивĕмăш округри суйлавçисем Дмитрий Маркович Святсков пенсионера иртнĕ суйлавра Çĕрпӳ хула Совечĕн депутатне суйларĕç. Округри суйлавçисем Святсков юлташа суйлав умĕнхи тĕлпулура чылай наказсем панă. Вĕсене депутат шута илнĕ.

Дмитрий Маркович суйлавçисен ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн тăрăшать. Вăл вĕсемпе час-часах тĕл пулать. Чи малтанах вăл суйлавçисене хула Совечĕн 1954 çулхи бюджетне пурнăçлани тата 1955 çулхи бюджечĕ çинчен каласа панă. Суйлавçăсем депутатран округри ĕçсене тума мĕн чухлĕ укçа пăхни çинчен ыйтса пĕлнĕ. Депутат суйлавçăсен ыйтăвĕсем çине тĕплĕ ответленĕ. Суйлавçăсем çĕнĕрен нумай сĕнӳсем панă. Вĕсем çинчен депутат хула Совет исполкомне пĕлтернĕ.

Дмитрий Маркович суйлавçăсемпе, пухусенче тĕл пулнисĕр пуçне, уйрăммăн курса час-часах калаçать. Суйлавçăсем ăна хăйсен нушисем çинчен каласа пама юратаççĕ, тивĕçлĕ пулăшу кĕтеççĕ. Çапла вăл военнослужащии арăмĕ Гаврилова, Яковлева суйлавçă тата ытти нумай çынсен ыйтăвĕсене татса пама пулăшнă.

Святсков депутат суйлав округĕнчи çитменлĕхсене пĕтерес тата суйлавçăсен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе ĕçе суйлавçăсене хăйсене явăçтарма тăрăшать. Ку ĕçре вăл суйлавçăсен пуçарăвне анлă усă курать.

Строительсен шыв-шурсем иртсе кайсассăн Отечественнăй вăрçă инвалидĕ Гаврилов суйлавçă хваркартине тата çурт умĕнчи урама шăлса тасатма, шыв çурса кайнă çула юсама пулăшнă. Святсков депутат, çавăн пек ĕçе кашни суйлавçă тума пултарнине кура, Гаврилов пуçарăвне суйлавçăсен пухăвĕнче каласа панă. Суйлавçăсем урампа кил-çурт вырăнĕсене тасатассине ырланă, яланах таса тытма килĕшнĕ. Ĕçе çийĕнчех пурнăçланă та.

Святсков депутат урамсенчи йывăçсем сахалли çинчен тата çак çитменлĕхе цĕтересси пирки хула Совет исполкомĕн работникĕсене хăйĕн шухăшне каласа панă. Депутат суйлавçăсем йывăççем лартма тата вĕсене пăхса çитĕнтерме килĕшни çинчен каланă. Вăл хула Совечĕн коммунальнăй хуçалăх пайĕнчен лартнă йывăççене сыхлас шутпа карта тытма материал парса пулăшма ыйтнă. Хула Совечĕн исполкомĕ депутат пуçарăвне ырланă, ăна тивĕçлĕ таран пулăшнă.

Святсков депутатăн пархатарлă ĕçĕсем çинчен çакăн пек тĕслĕхсем нумай илсе кăтартма пулать. Вăл хула Совет исполкомне хăйĕн усăллă сĕнĕвĕсемпе пысăк пулăшу парать.

В. ЙВАНШКОВ.

## Парти райкомĕн библиотекинче

КПСС Элĕк райкомĕн библиотекинче пурĕ тăхăр пин çурă кĕнеке. Маркс, Энгельс, Ленин, Сталин произведенийĕсем, политика, экономика тата ялхуçалăх ыйтăвĕсем тăрăх çырнă кĕнекесем нумай. Илемлĕ литература та сахал мар. Хаçат-журналсем нумай килсе тăраççĕ.

Библиотекăран 500 çынна яхăн тăтăшах кĕнекесем илсе вулаççĕ. Вĕсем хушшинче партипе совет работникĕсем, кружоксемпе политшкулсен руководителĕсем тата коммунистсем те сахал мар.

М. Вазанов комсомолец «Çуттăлла» колхозри комсомол организацийĕ çумĕнчи политшкула ертсе пырать. Вăл кашни занятиех лайăх хатĕрленсе ирттерет. Ăна час-часах парти райкомĕн библиотекинче курма пулать. Парти вĕренĕвĕн кăçалхи çулĕ пуçланнăранпа вăл библиотекăран 19 кĕнеке илсе вуланă. Чылай кружоксемпе политшкулсен руководителĕсем библиотекăри кĕнекесемпе усă кураççĕ.

Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен коммунистсем те кунта тăтăшах пулаççĕ. Сăмахран, райсовет исполкомĕн культура пайĕн заведующийĕ М. Никифоров юлташ политикăлла экономие хăй тĕллĕн вĕренет. Вăл библиотекăри кĕнекесемпе усă курать.

Библиотекăна пыракансене библиотекарь А. Акрамовская юлташ яланах ăшă кăмăлпа кĕтсе илет. Библиотекăн вуламалли залĕнче çĕнĕ кĕнекесен витринине организациленĕ.

Каççерен, ĕç хыççăн, кукта коммунистсемпе комсомолецсем йышлăн пухăнаççĕ, лекци е доклад итлеççĕ, пропагандистсем занятие хатĕрленеççĕ.

В. ИГНАТЬЕВ.

## Колхозниксен хастарлăхĕ

КРАСНОАРМЕЙСКИ. (Хамăр корр.). «Путь Ленина» ялхуçалăх артель членĕсем çак кунсенче нихçанхинчен те хастарлă ĕçлеççĕ. Çитес çуракине хатĕрленсе, уя 1.000 тонна ытла тислĕк кăларнă, çуртри акмалли мĕнпур лаптăксенче юр тытса хăварнă. А. Михайлов тимĕрçĕ 8 сеялка тата плугсем юсаса пĕтернĕ.

Кăçал колхоз ĕçченĕсем кашни гектартан 17-шер центнер тĕштырă туса илме, сăвакан кашни ĕнерен 1.900-шер литр сĕт суса илме обязательство йышăннă. Çак шутран партин ХХ-мĕш съездне усăлнă тĕле 500-шер литр сумалла. М. Владимирова доярка хăй илнĕ обязательствăсене числă пурнăçласа пырать. Иртнĕ икĕ уйăх хушшинче ĕнесенчен 300-шер литр ытла сĕт суса илнĕ.

## Клуб — культурăлла-массăлла ĕçĕн центрĕ

Тăвай районĕнчи Чутей клубĕ (заведующийĕ П. Куракин юлташ) колхоз ĕçченĕсем хушшинче культурăлла-массăлла ĕçе лайăх йĕркеленĕ. Халĕ кунта виçĕ кружок тата агро-зоотехника курсĕ ĕçлет.

Политкружока С. Григорьев коммунист ертсе пырать. Занятисем кашни эрнерех йĕркеллĕ иртеççĕ. М. Рожков пчеловод, радиоузел заведующийĕ Г. Козлов тата ытти нумай юлташсем политкружок занятийĕсене пĕр сиктермесĕр çӳреççĕ.

Кăçал агро-зоотехника курсне 25 çын çырăннă. Кунта колхоз руководителĕсем, бригадирсем, выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕçлекенсем, ахаль колхозниксем вĕренеççĕ. Колхоз председателĕ С. Шерне, чăх-чĕп ферминче ĕçлекен А. Шагуков юлташсем вĕренӳре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Художествăлла пултарулăх кружокĕсем те ăнăçлă ĕçлеççĕ. Драма кружокĕнче çирĕм çын. Хĕле кĕнĕренпе вĕсем Г. Харлампьевăн «Сурхи кĕвĕсем», Г. Пласкинăн «Ывăлĕ патĕнче», пьесисене лартса панă.

Клуб ĕçне колхозри пуçламăш парторганизаци ертсе пырать. Ăна ял Совечĕпе колхоз правленийĕ те пулăшаççĕ.

Н. ГРИГОРЬЕВ.

## Малтанхи кунсенче

Шупашкарти пир-авăр комбинатĕнчи рабочисемпе работницăсем, инженерлатехникла работниксем 1956 çулăн малтанхи кунĕсенчех хастарлăн ĕçлеме тытăнчĕç. Çип арлакансем малтанхи виçĕ кун хушшинче планран ирттерсе 100 килограмм паха çип арланă. Мастер помощникĕсем Пархоменко, Васильев тата ытти юлташсем ертсе пыракан бригадăсенчи сахал мар работницăсем нормăна ăнăçлăн тултараççĕ.

Тĕртекен фабрикăра ĕçлекенсен ăмăртăвĕнче мастер помощникĕсем—Свищов, Будников тата ытти юлташсем, А. Жукова, Р. Потопова тата ытти ткачихăсем малта пыраççĕ.

Пĕр кунхи задание кăçал, иртнĕ çулхипе танлаштарсан, чылай ӳстерсе панă. Комбинатра ĕçлекен рабочисемпе работницăсем, КПСС ХХ-мĕш съездне тивĕçлипе кĕтсе илессишĕн хавхаланса ĕçлесе, ӳстерсе панă нормăна та ирттерсе тултарма тăрăшаççĕ.

В. НИКИТИН.

### КИНОСТАЦИОНАР ЛАЙĂХ ĔÇЛЕТ

ЭЛĔК. Вырăс Сурăмĕнчи клубра стационарлă киноустановка ĕçлет. Кашни кăçах кунта кино курма ĕççыннисем йышлăн пухăнаççĕ. Киномеханик М. Михайлова юлташ кино кăтартас ĕçе лайăх пĕлет. Вăл 15 çул хушшинче пысăк опыт пухнă. Нихăш сеансра та аппаратура пăсăлмн е ытти кăлтăксем пулмаççĕ. Мĕнле фильмсем кăтартассине вăл ĕççыннисене малтанах пĕлтерет. Вăл районта чи лайăх киномеханиксенчен пĕри, плана ирттерсе тултарнăшăн кашни уйăхрах премисем илет.

С. ИВАНОВ.

## Республикăри „Чи лайăх свиновод" ятне илнисенчен пĕри

АРКАДИЙ СОБОЛЕВ — Çĕрпӳ районĕнчи «Новая жизнь» колхозри свиновод, вăл 1954—1955 ялхуçалăх çулĕнче хăйне çирĕплетсе панă кашни сысна аминчен 18-шар çура илсе ӳстернĕ.

Ф. Иванов фотоӳкерчĕкĕ.

## Сухалакан кашни 100 гектар çĕр пуçне çăмарта нумайрах илнĕ чăх-чĕп фермисен заведующийĕсем

| Хушаматсем | Колхозсемпе совхозсем | Районсем | Сухалакан кашни 100 гектар çĕр пуçне çăмарта илнĕ |
|---|---|---|---|
| В. Ф. Юхтанов | Буденный ячĕпе тăракан колхоз | Етĕрне | 7.142 |
| Т. А. Толстов | Сталин ячĕпе тăракан колхоз | Муркаш | 5.430 |
| С. Т. Трофимов | Шверник ячĕпе тăракан колхоз | Çĕрпӳ | 4.051 |
| Н. В. Степанов | «Гвардия» колхоз | Сĕнтĕр | 3.689 |
| Л. М. Чернова | «Сталинец» колхоз | Муркаш | 3.656 |
| А. И. Илларионова | «Заря» колхоз | Йĕпреç | 3.500 |
| И. Ф. Федоров | «Цивильстрой» колхоз | Çĕрпӳ | 3.201 |
| Р. А. Костяков | «Комбинат» колхоз | Çĕмĕрле | 2.979 |
| З. В. Федорова | Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз | Елчĕк | 2.930 |
| П. И. Иванов | Калинин ячĕпе тăракан колхоз | Первомайски | 2.410 |
| Ф. Р. Романов | «Победа» колхоз | Вăрнар | 2.406 |
| А. И. Иванов | Ленин ячĕпе тăракан колхоз | Вăрмар | 2.345 |
| И. Е. Ефимова | «Родина» колхоз | Етĕрне | 1.975 |
| Н. И. Виноградова | Киров ячĕпе тăракан колхоз | Тăвай | 1.725 |

# Хаçатсем пĕлтереççĕ

### КОМСОМОЛЕЦСЕМПЕ ÇАМРĂКСЕН ПУÇАРĂВĔ

Нумаях пулмасть Чурачăкра ялхуçалăхĕнче малта пыракан комсомолецсемпе çамрăксен канашлăвне ирттернĕ. Унта пĕтĕмпе 84 çын пухăннă. Канашлура КПСС райкомĕн секретарĕ Аллюров юлташ комсомолецсемпе çамрăксем иртнĕ ялхуçалăх çулĕнче колхоз производствинче мĕнле ĕçлени çинчен тата умра тăракан задачăсем çинчен доклад туса панă. Доклад тăрăх прениre 9 çын тухса каланă.

Канашлăва пухăннисем КПСС ХХ-мĕш съездне умĕнчи социализмла ăмăртăва активлă хутшăнма, вăрлăхсене хăвăртрах сортласа çитермешкĕн тата вырăнти удобренисем ытларах пухса уя кăлармашкăн январьте çуракине хатĕрленмелли уйăхлăх ирттерме йышăннă. Çак уйăхлăха хутшăнма районти мĕнпур çамрăксене чĕннĕ.

«Уйăхлăха мĕнпур çамрăксене, шкул ачисене хутшăнтарса, уя 30 пин тоннăран кая мар тислĕк, 1.500 центнер кĕл, 756 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ пухар! Кашни колхозра çамрăксен бригадисем организацилесе вăрлăхсене пĕтĕмпех сортласа хурар, кондицие лармалла тăвар, уйра юр нумайрах тытса юлар», тенĕ чĕнӳре.

Малалла чĕнӳре кукуруза лартса ӳстерес ĕçĕпе ĕçлекен звеносене çирĕплетмелли çинчен, пур комсомолецсемпе çамрăксен те кукуруза агротехникине вĕренмелли çинчен каланă.

Канашлăва пухăннисем фермăсенче ĕçлеме çĕнĕрен 50 çамрăк яма йышăннă, Выльăх пăхакансен общежитийĕсене тирпейлесе илемлетме, ферма работникĕсем хушшинче культурăлла-массăлла ĕçе лайăхлатма сăмах панă.

«Партин ХХ-мĕш съездне çуракине тĕплĕн хатĕрленсе çитнипе тата общественнăй выльăх-чĕрлĕхе хĕл каçарас ĕçе лайăх йĕркеленипе кĕтсе илер», тенипе вĕçленет чĕнӳ.

«Çĕнтерӳшĕн».

### ХĂЙСЕН САМАХНЕ ПУРНАÇЛАНĂ

Кире вăрманпромхозĕнчи «Южный» вăрман пунктĕнче ĕçлекен трактористсем—Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн депутачĕ М. Сысуйкин, А. Дагин тата П. Сысуйкин юлташсем, КПСС ХХ-мĕш съездĕ ячĕпе пыракан социализмла ăмăртăва хутшăнса, вăрмантан йывăç турттармалли çулталăкри плана срокчен тултарма, çулталăк вĕçленичченех планран ирттерсе ултшар-çичшер пин кубометр йывăç вăрмантан тури склада илсе пыма сăмах панă. Вĕсем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçлаççĕ. Хĕллехи кĕске кунсенче те М. Сысуйкин хăйĕн тракторĕпе вăрмантан кашни кунах 75—80 кубометр йывăç турттарса тухать.

«Ленинский путь».

### ВĂРНАР МТС-Е 25 ÇУЛ ТУЛТАРНĂ

25 çул каялла, 1930 çулхи декабрĕн 25-мĕшĕнче, Вăрнар МТС-не организациленĕ. Ку вăл республикăра ун чухне организациленĕ тăватă МТС-ран пĕри пулнă. Унтанпа МТС районти колхозсенче ялхуçалăх ĕçĕсене туса пырать. Ăна çултан-çул çĕнĕ машинăсем параççĕ. Вăл халĕ сĕрĕсĕн чи кăткăс машинисемпе пуян.

25 çул хушшинче МТС-ра тракторист пулса ĕçлеме кăна 800 çын вĕрентсе кăларнă, Кунта МТС-а организацилен ĕренпех ĕçлекен трактористсем, комбайнерсем, механиксем нумай. Вăрнар МТС-ĕн паллă механизаторĕсене—И. Пронькин, П. Тойдеряков, И. Николаев, И. Алексеев, Г. Павлов, Т. Николаев, П. Николаев юлташсене пĕтĕм республика пĕлет.

1955 çулта МТС тракторпа тумалли ĕçсен çулталăкри планне декабрĕн 1-мĕшĕ тĕлне 105 процент тултарнă. Çемçе сухасине куçарса шутласан, вăтамран илсен, кашни тракторпа 602 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă.

1956 çулта, улттăмĕш пилĕкçуллăхăн пĕррмĕш çулĕнче, Вăрнар МТС-ĕн мухтавлă коллективĕ çĕнĕ, тата та пысăкрах çитĕнӳсемшĕн кĕрешет.

«Социализм çулĕпе».

### ШКУЛТИ ХУДОЖЕСТВĂЛЛА ПУЛТАРУЛĂХ КОЛЛЕКТИВĔ

Красноармейски районĕнчи Кушкăри сичĕ çул вĕренмелли шкулта вĕренекенсен художествăлла пултарулăх коллективĕнче 47 ача. Коллектив час-часах сывăхри ялсенче концертсем ирттерет.

Нумаях пулмасть Мичурин ячĕпе тăракан колхоз клубĕнче пулнă концерт умĕн Н. Григорьев учитель «Тĕн пуçланса кайни тата унăн сиенĕ» темăпа лекци вуласа панă. Унтан шкул ачисем «День рождения» спектакль лартнă. Кун хыççăн шкул хорĕ Г. Трофимов учитель ертсе пынипе вырăс тата чăваш юррисене юрланă. Юлашкинчен ташăсем пулнă.

«Коммунизм çулĕпе».

*КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăрту*

# Ĕçре ÿснисенчен пĕри

Кашнин пурнăçĕнчех нихçан асран каймин паллă кунсем пур. Виктор Чибирев та хăйне Коммунистсен партийĕн членне илнĕ куна хăйĕн пурнăçĕнчи чи паллă кун тесе шутлать. Парти членĕн хĕрлĕ хуплашкаллă билетне хула комитечĕн секретарĕ аллинчен илсе кăкăр умĕнчи кĕсйине чиксен, унăн чĕринче çĕнĕ вăй хушăннăн туйăннă.

Ку вăл, пилĕк çул каялла, 1950 çулта пулнă.

...Парти членĕ. Коммунистăн ĕçре кăтартуллă, парти решенийĕсене пурнăçа кĕртессишĕн яланах активлă кĕрешекен боец пулмалла. «Манран халĕ ытларах ыйтма тивĕçлĕ, хамăн вара халичченхинчен те нумай лайăхрах ĕçлемелле». Çапла хумханса тарăннăн шухăшланă Чибирев коммунист парти хула комитетĕнчен тухсан.

Вăл кирек-камăн та çапла ĕнтĕ: хумхантаракан шухăшсем пур чухне, чи малтан, хăвăн иртнĕ вăхăтри пурнăçа аса илетĕн.

...Аслă Отечественнăй вăрçă çулĕсенче вăтам шкулăн юлашки класĕнче вĕренекен вунçичĕ çулхи Виктор Совет Çарне тухса кайнă. Çартан вăл тăван Шупашкара 1950 çулта тин таврăннă.

Викторăн малалла вĕренес килнĕ. Часах вăл çип арлакан фабрикăра ученик пулса ĕçлеме тытăнать, çав кĕркуннех пир-авăр техникумĕн каçхи уйрăмне вĕренме кĕрет. Вăрçă вут-çулăмĕнче пиçсе çирĕпленнĕ йĕкĕт хăйĕн пĕтĕм пултарулăхне ĕçпе вĕренĕве хурать. Ĕçе тата техникăна лайăх вĕренсе çитнĕ Чибирева часах мастер помощникĕ пулса ĕçлеме, бригадăна ертсе пыма хушаççĕ. Вĕренÿ те ăнăçлă пулса пырать унăн. Халĕ вăл—техникумăн юлашки, виççĕмĕш курсĕнче.

Шупашкарти пир-авăр комбинатне туса пĕтерсе ĕçе яни Викторшăн чăн-чăн савăнăç пулса тăнă. Кивĕ фабрикăри çип арлакансем çарлака та сутă цехсене куçнă, çĕнĕ йышши автоматла машинăсемпе ĕçлеме тытăннă. Чибирев ертсе пыракан бригада членĕсем те çав хăватлă техникăпа туллин усă курма тăрăшнă.

Кирек хăш участокра ĕçлесен те çĕннишĕн, малта пыраканнишĕн ырми-канми кĕрешесси совет çыннисен йăлине кĕнĕ. Мастер помощникĕ Чибирев коммунист шăпах çавăн пек çын. Ĕç тухăçлăхне ÿстерме тата продукци пахалăхне лайăхлатса пыма чун-чĕререн тăрăшать вăл. Чибирев ертсе пыракан ровничницăсем малта пыракансен ĕç меслетне тимлĕн вĕренеççĕ, кашни операцие хăвăрт, лайăх туна тăрăшаççĕ. Бригада уйăхран уйăха çĕнĕ çитĕнÿсем тăвать, цехри ăмăртура вăл яланах малти вырăнта. Ровничницăсем иртнĕ çулталăкри плана икшер хута яхăн иртерсе тултарнă.

УКЕРЧЕК ÇИНЧЕ: Мастер помощникĕ В. Чибирев юлташ фабрикăри чи ăста ровничницăсенчен пĕрипе А. Александрова юлташпа калаçать.

точнăй таз çине çирĕпрех чĕркеме май паракан паха меслет сĕннĕ. Сăнаса пăхнă хыççăн çакă палăрнă: çĕнĕ меслетпе усă курни сменăра 330 килограмм ытларах продукци туса кăларма май парать, ровница пахалăхне палăрмаллах ÿстерет.

Çапла, туслă та хастар коллектив çĕнтернĕ. Халĕ комбинат каллех пĕр тикĕс ĕçлет.

Нумаях пулмасть Чибирев юлташ тунă чертĕж тăрăх фабрикăри механически мастерскойра ровница пахалăхне лайăхлатма пулăшакан тепĕр прибор туса хатĕрленĕ. Кăткăсах мар вăл. Çÿхе пластина, ун çинче ултă карт. Çак прибора ровничнăй машинăн мамăка туртакан деталĕ умне вырнаçтарнă. Халиччен мамăк тăсăмĕ час-часах татăла-татăла кайнă, пĕр-пĕрипе çыхăнса ларнă. Çавна пула арлакан çип пĕр вырăнта çинçе, тепĕр çĕрте хулăнрах пулнă.

Çак кунсенче Чибирев юлташ сĕнĕвĕ тăрăх туса хатĕрленĕ прибора ĕçре тĕрĕслесе пăхнă. Вăл лайăх ĕçлет, мамăк тăсăмĕ йĕркеллех.

...Каçхи смена вĕçленчĕ. Цехри пысăк кантăксенчен ирхи кăвак сăн палăра пуçларĕ. Маттур пикесем машинăсемпе ĕç вырăнĕсене тасатма тытăнчĕç.

Виктор Николаевич та кашни машина патне пырса пăхса хăйĕн блокночĕ çине ĕç итогĕсене паллă тăвать. Бригадир çакна яланах асра тытать: сменăра кам мĕн чухлĕ ĕç тунине çийĕнчех пĕлтерни ровничницăсен ĕçри хастарлăхне татах та ÿстерме пулăшать.

Акă, вĕсем, хăйсен ĕçĕсене пĕтернĕ хыççăн, бригадир патне пычĕç. Пĕр-пĕрне пÿлсе, шавлăн калаçаççĕ. Пĕрисем ăна хушамачĕпе — Виктор Николаевич, тесе, теприсем ячĕпе кăна—Виктор е Витя, тесе чĕнеççĕ. Кашниех мастер помощникне чун-чĕререн хисеплет, хăйĕн чи çывăх юлташĕ вырăнне шутлать.

— Ну, хĕрсем, савăнма пултаратăр! Паян эсир ытти кунсенчи пекех маттур ĕçлерĕр: сменăри нормăна кашниех чылай иртерсе тултарнă, продукци пахалăхĕ те лайăх,—мухтарĕ вĕсене Виктор Николаевич.

...Савăнăçлăн шăкăлтатса пĕр-пĕрипе калаçса тухаççĕ фабрикăран пĕр бригадăри хĕр тантăшсем. Вĕсем, яланхи пекех, малашнехи ĕçри пысăк та чаплă ĕмĕтсем çинчен, ыран паянхинчен лайăхрах ĕçлесси çинчен, тăван партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртура чаплă çитĕнÿсем тăвасси çинчен калаçаççĕ.

Ĕçре пысăк ÿсĕмсем тума май паракан тĕп условисенчен пĕри вăл—машинăсене тухăçлăрах ĕçлеттересси. Чăн та, бригадăри ровничнăй тата ленточнăй машинăсем проект тăрăх палăртнă тухăçлăхпа ĕçлеççĕ. Анчах ку пĕр вырăнта тăмаллине пĕлтерет-и-ха? Çук. Тăрăшсан тата лайăхрах ĕçлеме май пур. Çакна мастер помощникĕ яланах асра тытать, тухăçлăрах та ăнăçлăрах ĕçлеме пулăшакан майсем вĕçĕмсĕр шырать. Вăл—комбинатри чи ăста рационализаторсенчен пĕри. Унăн сĕнĕвĕсемпе производствăра усă курни предприятие паха пир-авăр тĕртсе кăларма тата пиншер тенкĕ укçа перекетлеме пулăшнă.

Чибирев сĕннипе ровничнăй машинăн аялти тата çÿлти каретксен подшипникĕсене çу сĕрессине çĕнĕлле реконструкциленĕ, противоотвеснăй каретка футлярне машина станĕ çумне çирĕплетнĕ, «ЛВС-305» маркăллă ленточнăй машина çине запор вырнаçтарса лартнă. Çакна май ĕç тухăçлăхĕ хăвăрт ÿснĕ, работницăсен ĕçĕ чылай çăмăлланнă.

Акă пĕр ровничнăй машина çинче хĕрлĕ тĕслĕ лампочка çутăлса каять. Ровничница ăна асăрхарĕ те, çав самантрах машина патне чупса пычĕ: катушка çине ватта чĕркенсе тулнă, ăна улăштармалла. Пушă катушка лартнă хыççăн лампочка сÿнчĕ, машина каллех йĕркеллĕ ĕçлеме пуçларĕ. Çакăн пек сигнализацие Чибирев юлташ сĕннипе тунă.

Юлашки уйăхсенче комбинатри çĕр мамăкĕн тăршшĕ 26—27 миллиметр çеç. Çавна пула малтанхи вăхăтра çип арлакан цехсенче ĕç тухăçлăхĕ самаях чакнă, предприяти пĕр тикĕс ĕçлеймен. Пĕтĕм коллектив чĕртавар пахалăхне пăхмасăр продукци туса кăларассине ÿстерессишĕн ырми-канми ĕçленĕ. Нумай детальсене улăштарма, технологи процесĕсене сĕнетме тивнĕ.

Чибирев коммунист та, çак чĕртавартан лайăх продукци туса кăларассишĕн кĕрешсе, чавса кăпкалатнă мамăка лен-

Паллă ĕнтĕ, çак ыйту хальхи вăхăтра кашни предприятире, учрежденире е колхозра ĕçлекен тÿрĕ кăмăллă çынсене пуринчен те ытларах шухăшлаттарма тивĕçлĕ.

**Г. АНДРЕЕВ.**
**А. НИКОЛАЕВ.**

# Туслă коллектив

Партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, Шăхасан МТС коллективĕ пысăк обязательствăсем илнĕ. Февралĕн 14-мĕшĕ тĕлне 45 трактор тата комбайнсемпе ытти тĕрлĕ машинăсене юсаса пĕтермелле.

Коллектив хăйĕн обязательствисене чыслăн пурнăçласа пырать. 1955 çулхи IV-мĕш квартал планне срокчен, декабрĕн 22-мĕшĕ тĕлне тултарнă. Тракторсене кунта узел меслечĕпе юсаççĕ. Кăçалхи сезонра 13 узел тунă. Çапла туни ĕç тухăçлăхне, кашни çыннăн ответлăхне ÿстерет.

И. Ильин юлташ—МТС-ри механизаторсем хушшинчи хисеплĕ çын. Блок головкисемпе сцеплени муфтисене вăл пĕчченех юсать, кулленхи нормăна 120—150 процентран кая мар тултарать. Çавăн пекех, С. Тимофеев, И. Афанасьев, Н. Иванов, К. Петров, Б. Анисимов юлташсем ертсе пыракан узелсем кулленех пысăк çĕкленÿпе ĕçлеççĕ.

МТС картишĕнчи пĕчĕк пÿртре К. П. Петров топливо аппаратурине юсать. Хăй ĕçĕ çинчен вăл пире çапла каласа пачĕ:

— Топливо насусĕ вăл трактор чĕри тесен те юрать. 1952—1954 çулсенче тракторсем юсавран тухсанах топливо насусĕ пăсăлнипе чарăнса ларса тарăхтаратчĕç. Эпĕ машинăсене юрататăп, трактор мĕнле ĕçленине пĕлетĕп, техникăлла литература вулатăп. 1955 çулта, топливо аппаратурине эпĕ юсама пуçланăранпа, тракторсем чарăнса ларни пулман-ха. Партин XX-мĕш съезчĕ умĕнхи ăмăртура юлташсенчен юлмастăп. Пĕр тракторăн топливо аппаратурине юсама 26 сехет кирлĕ пулсан, эпĕ ăна икĕ ĕç кунĕнче юсаса пĕтеретĕп,—тет Константин Петрович.

МТС-ăн Хисеп хăми çине малта пыракан механизаторсен сăнĕсене çапнă, йышлăн вĕсем. Акă, тăххăрмĕш трактор бригадин бригадирĕ П. Макаров юлташ. Вăл çулталăкри плана 117 процент тултарса, пуринчен те мала тухнă. М. Павлова коммунисткăпа Н. Александров комсомолец та дизеллĕ тракторпа 2,300 гектар сухаланă чухлĕ ĕç тунă. Кунтах юсав мастерскойĕн начальникĕ—И. Н. Северов юлташăн сăнÿкерчĕкĕ. Вăл кунта машина-трактор станцине организациленĕренпех ĕçлет, паллă рационализатор.

— Акă, куратăр-и, мĕн пысăкăш çурт. Ку вăл пирĕн çĕнĕ мастерской пулать. Ăна Шупашкарти строительствăпа монтаж управленийĕ тăвать... Комбайнсем кăçал халиччене ытларах çĕмĕрĕлнĕ, хамăр районта кăна мар, Сталинград облаçĕнче те 150—200-шер гектар вырса пухнă вĕсемпе, апла пулин те вăхăтра юсаса пĕтеретпĕр вĕсене,—тет Северов юлташ.

Çĕнĕ мастерскоя туса пĕтерсе ĕçе яраси нумаях та юлман, Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствин Шăхасан МТС-не ку тĕлĕшпе ытларах пулăшни кирлĕ.

Мастерскойран кашни кунах пысăк пахалăхпа юсанă трактор хыççăн трактор тухать. Ĕçе тĕрĕс йĕркеленине пула кĕлдехи йывăр условисем те пултарулла коллектива чăрмантараймасçĕ. Тракторсем юсас тĕлĕшпе шăхасансем малта пыраççĕ.

**В. ПЕТРОВА.**

# Вăрлăхшăн тăрăшмаççĕ

Канаш районĕнчи колхозсен иртнĕ çулсенче вăрлăх çитмен пирки пысăк йывăрлăхсем тÿснĕ. Пĕлтĕр те чылай колхозсем государствăран кивçен вăрлăх илнĕ. Хăшпĕр колхозсем пĕр культура вырăнне урăх йышши культурăна акнă. Районта ийăх вăрлăх акнă тĕслĕхсем те пулнă.

Паха вăрлăх—тырпул тухăçлăхне ÿстерес ĕçре пысăк вырăн йышăнать. Кирлĕ чухлĕ тата лайăх вăрлăх фончĕ хывса хăварма кашни колхозрах условисем пур. Анчах паянхи куна районта çураки валли кирлĕ чухлĕ вăрлăх хатĕрлесе çитереймен-ха.

Уйрăм колхозсем, кăçал та ытти çулсенчи пекех, вăрлăх фондне уйрăм культурăсем тăрăх мар, пĕтĕмĕшпе хывса хăварма тăрăшаççĕ. Кăçал тулă ăнăçлă пулнă. Çавна май чылай колхозсем çитес çураки валли тулă вăрлăхне планпа палăртниччен нумай ытларах хывнă. Çав вăхăтрах ытти тĕштырă культурисен вăрлăхĕ çителĕксĕр. Маленков ячĕпе тăракан колхозра сĕлĕ çитмест. «Аниш», «Красный Октябрь», Куйбышев ячĕпе тăракан колхозсенче хуратул вăрлăхне планпа палăртниччен 30—40 процент чухлĕ çеç хатĕрленĕ. Хуратул вăрлăхĕ 12 колхозра çитмест. Хăшпĕр колхозсенче пăрçа тата пăри вăрлăхĕ çителĕксĕр.

Районта уйрăмах кантăр вăрри, нумай çул ÿсекен курăксен, пахча çимĕçпе тымарçимĕç вăрлăхĕсене хатĕрлесси ийăх пырать. Кантăр вăрри 100 центнер ытла çитмест. Нумай çул ÿсекен курăк вăрри районти 30 колхозран вара çиччĕшĕнче çеç çителĕклĕ.

Уйрăм колхозсенче вăрлăх фондне кирлĕ чухлĕ хывса çитерменни тырă çитменрен мар, пачах урăхла, колхоз председателĕсем çав ĕçе тивĕçлипе хакламаннинчен килет. Вĕсем вăрлăх фондне çителĕклĕ чухлĕ хывса çитеричченех ĕçкунĕсем тăрăх ытларах тырă валеççе пама тăрăшнă.

Хăшпĕр колхозсенче вадĕ те сортлă вăрлăхсем ситмеççĕ. Пирĕн условисенче «Лютесценс-62» сортлă тулă, «Диппе» сортлă сĕлĕ, «Винер» сортлă урпа тухăçлă пулать. Анчах вĕсен районта çителĕксĕр-ха. Çавăнпа колхозсен çак сортсене акмалла. Анчах уйрăм колхозсен сортсен пахалăхне лайăхлатас тĕлĕшпе нимĕн те тумаççĕ, пур пек сортлă вăрлăхсене те пăтраштарса яраççĕ. Çакăн пекки Горкин ячĕпе, Киров ячĕпе, Микоян ячĕпе, Шверник ячĕпе тăракан колхозсенче пулнă. Асăннă колхозсен паянхи куна «Диппе» сортлă сĕлĕ вăрлăхĕ пачах çук.

Вăрлăха сортласа тасатас ĕç вăраххăн пулса пырать. Чылай колхозсенче вăрлăхлăх хăварнă тырра кĕркунне кăна пĕр хутчен сортланă. Вăрлăх пахалăхне сăнаса тĕрĕслекен лаборатори даннăйĕсем тăрăх çакă курăнать: ку таранччен колхозсен 12.073 центнер вăрлăхне тĕрĕслесе пăхнă, тасалăх енчен мĕн пурĕ те 437 центнер çеç кондицие ларать. Шверник ячĕпе тăракан тата «Комсомол» колхозсенне 9-шар йышши культура тĕрĕслесе пăхнă, анчах нихăш культури те акма юрăхлă мар. Çавăн пекех Микоян ячĕпе тăракан, «Комбайн», Чкалов ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан колхозсен те вăрлăх таса мар, кондицине лармаççĕ. Апла пулин те халĕхе асăннă колхозсенче вăрлăхлăх тырра аплаçа тасатас ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен.

Хăшпĕр колхозсенче вăрлăха упрама кирлĕ пек условисем туман. Çавна пула уйрăм колхозсенче вăрлăх пăсăлса юрăхсăра тухнă фактсем палăраççĕ. «Красное пламя» колхозăн 1194 центнер вăрлăхран 1149 центнерĕ тасалăх енĕпе кондицие ларман, тулăна хуратул вăрлăхĕ акма пачах юрăхсăр.

Молотов ячĕпе тăракан колхозра вăрлăх, чĕрĕ пирки, кăвакарса пăсăлнă. Анализ тунă хыççăн 125 центнер сурки тулă, 26,4 центнер кантăр вăрри, 55 центнер урпа вăрлăхĕ акма юрăхсăрри палăрнă. «Комбайн» колхозра та сĕлĕпе тулă вăрлăхĕ нÿрĕ пирки кондицие лармасть.

Асăннă фактсем районта çитес çураки валли вăрлăх хатĕрлес ĕç çав тери юлса пынине кăтартаççĕ. КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕн районта паха вăрлăх хатĕрлесе çитерес тĕлĕшпе каллех ĕçсем туса иртермелле.

**Х. ЛИСИН.**

# Капкăн кĕтесси

## Пăтранчăк шывра пулă тытакансем

Пăтранчăк шывра пулă тытма лайăххине Сĕнтĕр районĕнчи Урпаш ялповĕн работникĕсем уйрăмах лайăх пĕлеççĕ.

Ялпо председателĕ Михайлов çур çăмах кăна калатăр,—ăна пăхăнакан работниксем халиччен нихçан шыв пулман типĕ вырăнтах айĕн-çийĕн пăтранса тăракан тĕм пысăкăш «кÿлĕ» туса хураççĕ.

Михайлов кăштах сыпкаласан хăйĕн работникĕсене «пĕлес пулать» тесе «вĕрентме» юрататать. Вăл «пĕлнипе» тата унăн бухгалтерĕ активлă пулăшса пынипе ялпо работникĕсем хăйсен пăтранчăк «кÿллинчен» 4.162 çăмарта тытса вĕри çатма çинче шаритленĕ.

Çапла майпа «тытнă» çăмартана вĕсем закуска тесе ят параççĕ. Çăмартаран закуска тума паллах сыпмалли кирлĕ. Ăна тупма кунта, яланхи пекех, пăтранчăк «кÿлĕ» пулăшать.

— Работниксем лайăх ĕçлеççĕ, кăштах ĕç укçи хушса памалла пулать пулĕ,—куç хĕсет председатель бухгалтера.

— Сирĕн ирĕк, Валентин Никандрч. Эпĕ яланах хатĕр, — кăмăллăн ответлет бухгалтер.

Калаçнă—тунă. Пĕлтĕрхи иккĕмĕш çур çулта ялпо работникĕсен 1.048 тенкĕ те 85 пус ĕç укçи хутшăнать.

— Прогрессивка çинчен манас марччĕ,—аса илтерет председатель бухгалтера.

Кун пирки те часах калаçса татăлаççĕ. Юмахри пекех вара йăпăр-япăр 1.256 тенкĕ укçа тухса та вырăтать.

Ялпон утар пур. Унта сахалах та мар, нумай та мар—60 вĕлле шутланать. Ялпори «пултаруллă» работниксем тунă суя документсене ĕненсен, иртнĕ çулта кунта 60 вĕллерен пĕр грамм та пыл илме пултарайман имĕш. Тĕлĕнмелле, анчах... Нумаях пулмасть ревизи тунă вăхăтра складра 59 килограмм пыл пуррине палăртнă. Мĕншĕн приходламан-ха çав пыла? Ку каламасăрах паллă. Ахальтен мар ĕнтĕ, ялпо утарне урпашсем «Михайлов утарĕ» теççĕ.

Тепĕр чухне Михайлов «эпĕ ялпо хуçи» тесе мухтанма та юратать.

— Сирĕн складра велосипедсем пур тенине илтнĕччĕ. Эсĕ чăнах та ялпо хуçиех пулсан мана пĕрер велосипедне парнелеймĕнши?—ыйтнă унтан пĕррехинче хăйĕн çывăх тусĕсенчен пĕри эрех стаканĕсене шаклаттарса пушатнă вăхăтра.

— Пожалста!

Хăй пушă сăмах çаптарма юратманнине вăл çийĕнчех ĕçпе çирĕплетнĕ.

Ялпо председателĕн хатĕрлев енĕпе ĕçлекен заместительне Соколова та асăнмасăр иртсе кайма çук. Урпашсем ăна «хатĕрлев енĕпе ĕçекен заместитель» теççĕ. Çапла ĕçленине пула, кĕске вăхăт хушшинчех унăн 2 тонна çĕрулми тата 800 тенкĕлĕх аш тухманнине палăртнă.

Урпаш ялповĕ тата унти ответлă работниксем мĕнле ĕçлесе пынине райпотребсоюз правленийĕнче лайăх пĕлеççĕ. Нумаях пулмасть райсоюз правленийĕ хăйĕн ларăвĕнче Урпаш ялповĕн ĕçне пăхса тухнă. Правлени членĕсем ялпо ĕçне мĕнле тишкерни пире паллă мар, анчах Михайлов, ларăва ÿсĕр пуçпа пынăскер, правлени членĕсене хăй «тăн парса хăварни» пуриншĕн те паллă.

**А. СУНАР**

## Виçесене виçесĕр лайăх пĕлсен

Аптека мĕнле учреждение пурте пĕлеççĕ. «Аптека тараси», «аптекăри пек тĕп тĕрĕс виçе» тенисем çапах та пуриншĕн те паллă мар пулĕ. Ах, чăнах та мĕн тĕрлĕ виçе çук унта: ĕлĕкрех гран, скрупул, драхма тата ытти те пулнă, халĕ миллиграмсем, сантиграмсем, миллилитрсем... Çавăн пек пĕчĕк виçесемпе виçмешкĕн пĕчĕк тарасасемпе усă кураççĕ, вара лайăх виçсен «аптекăри пек тĕп-тĕрĕс виçе» пулать.

Елизавета Павловна Титова, аптека ĕçĕнче чылайранпа ĕçленĕ май, аптека виçисене питĕ лайăх вĕренсе çитнĕ. Аптека тени спиртсăр пулмасть. Титова çак эмелĕн уйрăмлăхĕсене, ăна мĕнпе мĕнле виçмеллине те аван пĕлет. Спирт-денатуратпа спирт-ректификат хушшинчи уйрăмлăх 20 градус пулнине, пĕр литр спирт 820 грамм çеç тайнине тата профессилле ытти «секретсене» Шупашкар хула больницин аптека заведующийĕ Титова лайăх чухланине контрольпе ревизи управленийĕн ревизорĕсем 1950 çултах кăтартса панă. Ун чухне вĕсем Титовăн аптека виçисемпе усă курса, «аптекăри пек тĕп тĕрĕс» 75 килограмм лайăх спирт, 1.100 метр марля тухманнине палăртнă. Хăшпĕрисем çав çулхине хăйсен айванлăхне пула, Титова ĕнтĕ спирт пекех «сунса кайрĕ» теме те пăхнă. Анчах вĕсем йăнăшнă: Титовăн ĕçĕ вăл кăшт çеç хăранипех иртсе кайнă.

Ах мур спирчĕ, ма панăши ăна аптекăна! Тепĕр виçĕ çултан вăл Титовăна каллех инкек патне илсе çитернĕ. Титова спирта литрпа парса отчетра çав хисепе килогрампа кăтартнине, денатурата отчетра ректификат туса кăтартнине ревизор каллех шыраса тупнă. Ку хутĕнче Титова судпа следстви органĕсен тараси çине те лексе пăхнă. Органсем вăл аптекăри виçесене виçесĕр лайăх пĕлнине палăртнă, анчах амнисти тунă пирки ĕç пуçарман. Сывлăх министрĕ текех чăтсе тăрайман: Титовăна аптека заведующийĕнчен кăларнă.

Мĕн пулса иртнине пĕрмай асăнма лайăх мар ĕнтĕ. Асăнас теменччĕ. Анчах... Нумаях пулмасть республикăра çĕнĕ больница туса пĕтерчĕç. Çĕнĕ учреждение çĕнĕ вырăнсем уçăлчĕç. Сывлăх министерстви больницăри аптека заведующийĕ пулса ĕçлеме никама та мар, халиччен резервра пулнă, халиччен опыт пухнă Титовăнах лартнă. Капла тума халĕ хăрамаллах мар: министерствăн хальхи ревизорĕ Мочалов миллиграмсемпе тата миллилитрсемпе виçнине пăхса тăмасть, вăл ытларах çĕршер грамсемпе çуршар литрсемпе виçнине юратарах парать.

Çапла виçеççĕ кадрсен пултарулăхне Сывлăх министерствинче: аптекăри виçнĕ пекех!

**М П.**

## Кам айăплă-ши?

Канашпа Шупашкар хулисенчи автовокзалсене вутă хутса ăшăтмаççĕ; унта чăтма çук сивĕ. Канашри автовокзал урайне çуманни кăçалхи май уйăхĕнче шăпах çулталăк тултарать. Халĕ унта урай хăми палăрмиех пылчăк тулса ларнă, стенисене эрешмен карти сырса илнĕ. Автовокзалта тенкелсем те çук, çавăнпа автобус кĕтекенсен ирĕксĕрех вокзалра мелсĕр купаласа хунă вутă купи çинче чĕтресе ларма тивет.

(Ялкор çырăвĕнчен).

Укерчĕкĕ Н. Яковлевăн

— Ы-ых, сивĕ-çке! Ма виçĕ хут тăлăп тăхăнса килмерĕм-нĕ рех хут...

— Пирус тивертес-ха, кăта, чĕлĕм туртса та пулин алла ăшăтас...

## Эрхип Микки—эрех пăкки

Апат çимест Микка.

Ирех

Йăнкăлт! ярать пырне эрех.

Тупать хăй пек ик-виçĕ тус.

Вара пуçланчĕ, чăт та тÿс!

Алран-алла çÿрет черкке,

Яра кăна Микка—лĕрккет.

Ура çинче тăрать аран.

Хăпмасть-ха пурпĕр

куркаран.

Пилеш пек хĕрелет сăмси,

Сасси типет, сĕтет сасси.

Хăлаçланать вĕри пăспа,

Пĕр мухтанать вăйпа, ăспа.

Пулать-ши урă пĕрер кун?

Пыра чÿхес—ак ун саккун.

Çак урамра çук ун пекки,

Эрхип Микки—эрех пăкки!

Мĕçе

Ĕçе

Тытмарĕ-ши?

Мĕçе ĕçрен тухмарĕ-ши?

Сума сумаççĕ Миккана,

Çак «пултаруллă» куккана.

Йĕрет Микка, ÿпкелешет,

Анра шăна пек хĕвĕшет.

Илеççĕ те,—пĕр уйăхран

Сирпĕнтереççĕ çеç штатран.

Мухмăрпала вара Микка

Каллех тытать тулли курка.

Килте ун арăмĕ кĕтет,

Яшка та пиçнĕ. Сивĕнет.

Çук таврăнмасть киле хуçа.

Хăçан вăл килĕ-ши, хăçан?

Чăтать Праска, пурнать

Микка—

Черккех ув пурнăçне лăскать

Юлашкинчен суллать алла,—

Сывпуллашать Праска

Миккапала.

Стихван ШАВЛЫ.

## Йĕвен вырăнне çилхе..

Етĕрне районĕнчи Ильич ячĕпе тăракан колхоз правленийĕпе юнашарах лаша витти пур. Нумаях пулмасть кунта пирĕн тĕлĕнмелле мыскара курма тÿр килчĕ: вите çывăхĕнчех çынсем лашасене çилхерен тытса çÿреççĕ. Пĕрисем çавăтса пырса яраççĕ, теприсем халь кăна хăварнă лашасене çилхерен тытсах урама илсе тухаççĕ каллех пырса яраççĕ, унтан вара вĕсене виççĕмĕшĕсем тытса тухаççĕ.

Эпир правление пырса кĕтĕмĕр.

— Больницăна каймаллаччĕ, пулмарĕ ĕнтĕ, — вăрçса илчĕ пĕри.

— Эпĕ те виççĕмĕш кун шăпах лашана çилхерен çавăтса çÿрерĕм, çапах та кÿлме пулмарĕ, — хушса хучĕ тепри.

— Мĕншĕн-ха апла?

— Ара, лашана хăйне картаран çилхинчен тытса та çавăтса тухма пулать-ха, анчах сунана хÿринчен кăкарса яма çук-çке...

Пире çакă паллă пулчĕ: колхоз правленийĕ ут таврашĕсене йăлтах уйрăм колхозниксене салатса панă. пĕр килте—пĕкĕ, тепринче—хăмăт, виççĕмĕшĕнче—йĕвен т. ыт. те. Çавна пула хăшпĕр чухне вĕсене кунĕпе шыраса та тупма çук, ирĕксĕрех лашана çилхинчен тытса каялла пырса яма тивет.

**В ЯКИМОВ.**

## *Пуçĕсене хыçаççĕ*

✱ Улатăрта 6-мĕш номерлĕ вăтам шкулта вĕрентекен М. Устинова учительница, районти сутĕç пайĕнче ĕçлекенсен тимсĕрлĕхĕпе усă курса, вăхăт çитиччен вăтăр виçĕ уйăх маларах пенси илме тытăннă государство укçине ултавлă майпа 5.018 тенкĕ хăйĕн кĕсйине чикнĕ. Халĕ хулари сутĕç пайĕнче ĕçлекенсем аптăранă енне пуçĕсене кăтăр-кăтăр хыçса лараççĕ, тет.

# Хĕл мыскарисем

**Кузьма Ильича мĕн канăç памасть?**

Шупашкар сынни Кузьма Ильич ĕç хыççăн киле кайма тухрĕ. Утма питех те кансĕр вара паян: çил арçури пек хаяррăн улать, йĕри-тавра тăман вĕçтерет, юнашар пыракан çын та курăнмасть. Урамсенчи тарăн кĕртсем тăрăх аран-аран ашса тухса киле çитрĕ те, Кузьма Ильич, апат çисе тăмасăрах, ывăннипе канма выртрĕ. Каннă май шухăша кайрĕ вăл.

— Çанталăкĕ те çав хĕрхенмест çынна. Пăх-ха, мĕнле сивĕ тăрать...

Ыт-ахальтен мар пырса кĕреççĕ Кузьма Ильичăн пуçне çанталăка ÿпкелешсе каланă шухăшсем. Тулта сивĕ — пÿртре те ăшăх мар çав. Гортопсбытпа Горкоммунхоз мыскарине пула кăçал вăл вутăсăр тăрса юлнă. Пĕлтĕр çуллах вутă нарячĕ илнĕ вăл, вутăшăн та, турттарса килмешкĕн те укçине вăхăтра тÿленĕ. Çулла Атăл урлă каçса çÿреме хĕн пулнă пирки вутă хăй вырăнĕнчех, шаршантах выртса юлнă. «Выртин тата, пĕтмĕ-ха», лăплантарнă вăл хăйне-хăй ун чухне. Чан та, Атăл урай илсе каççан та, вăл хăй вуттине киле илсе çитерме пултарайман. Суркунне те, кĕркунне те çанталăк йĕпе-сапаллă пулнă. Ун пек чухне Заводской пек урамсенче машина çÿреймен. Су кунĕсенче уяр çанталăксем пулнă пулсан та, ку урамра тепĕр пысăк чăрмав пулнă. Çĕнĕ мунча шывĕ чипер урамах сырма туса хунă. Ун урлă лавсем те, машина та касса çÿремен. Пĕр çын хăй валли çĕнĕ çурт тунă чухне, вăхăтлăха «кĕпер» хывнăччĕ те, анчах Кузьма Ильич çак телейлĕ самантпа усă курса юлайман. Кайран вара хуçи хăй «кĕперне» каллех сÿтсе илнĕ—çынсем çулсăр тăрса юлнă. Çул çÿремелле мар йĕпе-сапаллă кĕр кунĕсенче тин Горкоммунхоз касă хывса хучĕ.

«Хĕл вăл—çу мар, хĕл мучи те пулин пире çул туса парĕ-ха»,—шутленĕ аптранипе Кузьма Ильич. Шаннă кайăк йăвара пулман, теççĕ. Хĕлĕ те кăçал асар-писер килсе çитрĕ: юр йăвантарать те кĕрт хĕвет. Каллех киле машинăпа мар, лавпа та пырса кĕме май çук. Тепĕр чухне, çил-тăман хыççăн, суран та ашса тухма хĕн.

«Мĕн тумалла-ши ĕнтĕ, шалт аптрарăм», тесе выртнă вăхăтра Кузьма Ильича арăмĕ хаçатсем пырса пачĕ.

— Ак, тамаша! Çĕн хыпар пур вĕт, втле-ха, арăм! Гортопсбыт пĕлтерĕш кивĕ нарядсене хăвăрт улăштарма хушать.

— Çапла çав. Пирĕн кÿршĕсем кайса улăштарса килнĕ терĕç. Нарячĕ çине срок кăтартса параççĕ, тет. Икĕ-виçĕ кун хушшинчех турттарса тухма хушаççĕ. Çав срокра турттарса тухаймасан, укçана каялла тавăрса параççĕ, терĕç.

— Апла пулсан кăçал хĕлĕпех вутăсăр пурăнма тивет пире,—йывăррăн сывласа илчĕ Кузьма Ильич.

**Икĕ сыннăн пĕр шухăш—коммунхозăн**

Вутă пирки ĕç тухас çуккине тавçăрса илнĕ хыççăн, мĕн ĕç пур Кузьма Ильича урăх шухăшсем пырса кĕчĕç.

— Арăм, кала-ха, пирĕн хулара мĕншĕн хĕлĕ те катоксем йĕркеллĕ ĕçлемеççĕ. Ывăлăм каток пирки йăнкăртатса аптратса çитерчĕ ĕнтĕ мана.

— Сăлтавĕ çинчен илтессе илтмен те, эпĕ çапла шутлатăп,—терĕ ăна хирĕç арăмĕ.—Чăнах та, Шупашкарта каток тавраш мĕн тума кирлĕ-ха вăл? Аçта пăхнă унта ик айкки те тăвайкки, тÿремре ярăнас килсен—Атăл пур. Ярăн сна, чун каниччен! Енчен питех ярăнас кăмăл пулсан, йĕлтĕр-сунашкасăрах та ярăнма пулать.

— Мĕнле апла?

— Питĕ ансат! Акă, виçĕм кун çапла мыскара куртăм эпĕ. Ворошилов урамĕпе пынă чухне пусмасем тăрăх çитĕннĕ çынсемех тĕрлĕ майпа ярăнса аннине курма тÿр килчĕ.

— Чăнах-и? — тĕлĕнсе ыйтрĕ Кузьма Ильич.

— Пĕр самантрах виçĕ çын ярăнса кăтартрĕç: пĕри пусма карлăкĕ çине хырăмпа выртрĕ те ахăлтатса çеç аннĕ. «Метроринчен те савăкрах!» тет вăл. Тепри, вăтам çулсене çитнĕ çын, туллă скер, туйи çине утланса ларчĕ те, аялалла вĕçтерчĕ. Ача ăсĕ кĕнĕ тейĕн! Хыçалтан юр кăна сирпĕнсе пырать. Виççĕмĕшĕ, вăл пирĕн кÿршĕ арăмех Праски аппа — тĕлĕнмелле сĕнĕ меслет тупрĕ. Унталла-кунталла пăхкаласа илчĕ, ал айĕнче нимех те пулмарĕ пулас. Аптранă кăвакал кутăн чăмнă тенĕ пек, хăйĕн аллинчи ридикюлĕ çине ларчĕ те пусма тăрăх ярă пачĕ. Ара, мĕнрен начар сунашка, ирĕксĕр кунта ярăнма тивнĕ чухне!..

— Тинех йĕлантăм: хăй ырлăхĕпе ытларах усă курччăр, çамрăксем те, çитĕннисем те ямăт катоксемпе тăраниччен ярăнса курччăр тесе пулĕ-çке Горкоммунхоз хулари пусмасене вăхăтра тасаттармасть, — тавçăрса илчĕ Кузьма Ильич.

— Çаплах пулĕ тесе шутлатăп эпĕ те,—килĕшрĕ унпа арăмĕ те.

Икĕ тусăн пĕр шухăш, пирĕн унпа мĕн ĕç пур тесе юрлаççĕ халăх юрринче. Çавнах калас килет пирĕн те: икĕ сыннăн пĕр шухăш, Горкоммунхозăн унта мĕн ĕç пултăр вара...

**М. ИЛЬИН.**

# Тĕнчери лару-тăру

## СОВЕТ СОЮЗĔ МИР ĔÇЕ ÇĔНТЕРЕССИНЕ ШАНСА ТĂРАТЬ

Çĕнĕ çул ячĕпе Совет Союзĕн руководителĕсем тĕнчери халăхсене туслă сăмахсем каларĕç. Вĕсене пур çĕрте те çав тери хапăл туса кĕтсе илчĕç. К. Е. Ворошилов çĕнĕ çул ячĕпе каланă сăмахра, Н. А. Булганин тунă заявленире тата вăл Америкăпа Югослави журналисчĕсене панă ответсенче çĕр çинчи кашни çынна çывăх мир ĕçĕ çĕнтерессине шанса тăни хăватлăн палăрчĕ.

Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсенчи буржуалла хаçатсемпе политикăлла деятельсем этемлĕх малашлăх тата лайăхрах пуласси-не шанса тăрассине пĕтерме тăрăшнă вăхăтра Совет Союзĕн руководителĕсен сăмахĕсенче «Женева шухăш-кăмăлĕ халăхсен чĕрисенче пурăннине» палăртнă. Ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен Женеври канашлăвĕ пăхса тухнă ыйтусем тăрăх пĕр-пĕринпе лайăх каласса татăлăпă решенисем йышăнаймарĕ пулсан та, канашлăва хутшăннисен позицийĕсене малалла палăртма пулăшрĕ, çакă вăл, Н. А. Булганин кăтартса панă пек каласан, «ку ыйтусене малашне татса парас ĕçе çăмăллатма тивĕçлĕ». Мир çинчен каланă чухне Совет Союзĕн руководителĕсем пирĕн аслă çĕршыв шухăш-кăмăлне палăртрĕç. 1955 çулта пирĕн çĕршыв, яланхи пекех, мире сыхласа хăварассишĕн тата çирĕплетессишĕн уйрăмах активлă тата çине тăрса тăрăшрĕ. Совет Союзĕн руководителĕсем Совет Союзĕ çак çулпа пĕр пăркаланмасăр пыма, тĕнчери халиччен татса паман ыйтусене мирлĕ майпа йĕркелемелли майсем шырама хатĕр тăни çинчен пĕлтерчĕç.

Тăватă держава правительствисен пуçлăхĕсен çĕнĕ канашлăвĕ «усăллă пулма пултарасси» çинчен Н. А. Булганин каланă сăмахсем пирки Индири «Индиан экспресс» хаçат çапла кăтартса панă: «Иртнĕ вăхăтри ăнăçсăр пулнă ĕçсене пĕтĕмпех шута илсе» тунă çак заявлени «пĕлтерĕшне йышăнмасăр тăма çук». «Ăна хакланă чухне,— тесе çырать хаçат,— Российăн паллă заявленине шута илес пулать. Унăн активлă мирлĕ политики сивĕ вăрçăшăн тăракансене тăрă шыв çине кăларас ĕçре çеç мар, тĕнчере лăпкăлăх тăвас ĕçре те пысăк вырăн йышăнчĕ... Вăл (урăхла каласан, Россия) тĕрĕссипех ĕнтĕ: Хĕвеланăçĕнчи çĕршывсем çар союзĕсене нумайлатса пынă вăхăтра эпир нейтральнăй çĕршывсемпе урăхла çыхăнусем тума тăрăшрăмăр, çапла вара мир вăйĕсене çирĕплетрĕмĕр, тесе калама пултарать».

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Совет Союзĕн руководителĕсем çĕнĕ çул ячĕпе тунă заявленисене Америкăри официальнăй ушкăнсенче çапла хакланă: ку заявленисем Совет Союзĕн политики «улшăнмасăр юлассине» кăтартса парассĕ, тенĕ. Çакна ăна мухтаса калани вырăнне хума пулать. Чăн та ĕнтĕ, Совет Союзĕн хăйĕн халăхсем ырлакан, çавăн пек пысăк çитĕнÿсем тунă мирлĕ политикине мĕншĕн улăштармалла-ха? Вашингтонра Совет Союзĕн политики мĕнлерех «улшăнасси» çинчен ĕмĕтленессĕ-ши? Совет Союзĕн руководителĕсем çакна темиçе хут та кăтартса пачĕç: Совет Союзĕн кăна çар тĕлĕшпе те, çавăн пекех идеологи тĕлĕшпе те, хĕçпăшалсăрланмалла текен требованисем пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнмалли принципсемпе нихăш енчен те çыхăнса тăмассĕ.

Францири буржуалла «Комба» хаçат, Совет Союзĕн руководителĕсем çĕнĕ çул ячĕпе каланă сăмахсем пирки çырнă май, Совет Союзĕн тулашри политикин çитĕнĕвĕсем мĕнрен килнине тавçăрса илме тăрăшать. Совет Союзĕн политикине «хирĕç тăмалли» меслетсем шыраса, хаçат: хĕвеланăçĕнчи çĕршывсен руководителĕсен икĕ система хушшинчи «калама çук пысăк ăмăртура» çĕнтерÿ тума, çынсен кăмăлĕсене çавăрма пултаракан «пурте кăмăллакан идеал» çук, тесе çырать.

Çавăн пек «пурте кăмăллакан идеал» вăл, тесе хушса хуратпăр эпир хаçат шухăшĕсем çумне, этемлĕх миршĕн, пурнăçри ырлăхшăн тăрăшни пулать. Тавлашса çĕнтермелле мар факта, Совет Союзĕн тулашри политикин яланхи тĕллевĕ вăл çак «пурте кăмăллакан идеал» пулса тăнине, Совет Союзĕн руководителĕсем хăйсем çĕнĕ çул ячĕпе тухса каланă сăмахсенче татах тепĕр хут çирĕплетсе пачĕç.

### ФРАНЦИРИ СУЙЛАВ ИТОГĔСЕМ

Январĕн 2-мĕшĕнче Францире Наци пухăвне суйланă. Çак суйлавра Францири демократилле вăйсем пысăк çитĕнÿ тунă. Суйлав результачĕсем çакна тепĕр хут кăтартса панă: Францири Коммунистсен партийĕ—çĕршыври чи вăйлă парти. Вăл суйлавра илнĕ сасăсен хисепĕ тата парламентри мандатсен шучĕ енĕпе ытти пур партисенчен нумай мала иртсе кайнă. Реакцин пĕрлешнĕ вăйĕсем тата вĕсен пропаганда ĕçĕн пысăк аппарачĕ хытă тапăннă пулсан та, Коммунистсен партийĕ хăйĕн позицийĕссе сыхласа хăварнă, çав позицисене чылай лайăхлатнă: партин парламентри ушкăнĕн йышĕ пĕр хут çурă ÿснĕ. Тепĕр темиçе кунтан Коммунистсен партийĕн 151 депутачĕ Франци халăхĕн интересĕсене Наци пухăвĕнче хÿтĕлеме пуçлать.

Суйлав итогĕ Франци демократсен анлăрах та анлăрах сийĕсем Коммунистсен партийĕ—халăх массисен миршĕн тата малашне лайăх пурнăç тăвассишĕн кĕрешес ĕçне ертсе пыракан парти—тавра таччăн пĕтĕçсе пынине яр-уççăн кăтартса панă. Коммунистсен партийĕшĕн сасăлакансем 1951 çулхи суйлавринчен 600.000 суйлавçă ытларах пулнă. Французсем 5.500 пин çын ытла коммунисткандидатсемшĕн сасăланă.

Францири хальхи суйлав законĕ сылтăмри партисемпе ушкăнсене, пĕрлешсе блоксем тунăскерсене, хăшпĕр департаментсенче Коммунистсен партийĕ аллинче пулмалли парламент мандачĕсене унтан тытса илме май панă. Анчах, пĕтĕмĕшпе илсен, çав партисен блоксене пĕрлешнипе нумайрах сасă пухма шутлани путланса ларнă. Ку акă мĕн пирки çапла пулса тухнă: буржуалла партисем департаментсенче сасăсен ытларахăшне илме шаннă пулнă, анчах нумай департаментсенче вĕсенчен пĕри те сасăсен ытларахăшне пухма пултарайман, çавна пула депутатсен вырăнĕсене валеçмелли мажоритарнăй принципла усă курма май килмен. Çапла вара, суйлав округĕсенчен чылайăшĕнче мандатсене пĕрпĕр партишĕн миçе сасă пухăннине кура валеçнĕ. 1951 çулта хăйĕншĕн панă сасăсен шутне кура Коммунистсен партийĕ илме тивĕçлĕ пулнă парламент мандачĕсенчен чылайăшне реакци вăйĕсем тĕрлĕ киревсĕр ĕçсем туса тытса илнĕ пулсан, вĕсем кăçал, мандатсене миçе сасă пухăннă тăрăх валеçнĕ пирки, çавăн пек киревсĕр ĕçсене анлăн туса пырайман.

Суйлав результачĕсене палăртса тăракан цифрăсене танлаштарса пăхсан, çакă курăнать: Францири суйлавçăсен тĕп масси сулахайри партисемшĕн сасăланă. Коммунистсен партийĕн списокĕсемшĕн сасăлакансем пуринчен те ытларах пулнă. Социалистсен партийĕ тата буржуалла партисенчен хăшпĕрисем суйлав умĕнхи вăхăтра правительствăн халичченхи çул-йĕрне критикленĕ (ку партисен лидерĕсем çав халăх шухăш-ĕмĕтне хирĕç пыракан çул-йĕршĕн чылай енĕпе ответлă пулса тăрассĕ ĕнтĕ). Çавна кура миллионшар французсем социалистсен партийĕпе буржуалла хăшпĕр партисемшĕн сасăланă.

Суйлав итогĕсенчен тухса тăракан тĕп вывод çапла: Франци халăхĕн массисем çав çĕршывăн правительствисем юлашки темиçе çул хушшинче тытса пынă политикăлла çул-йĕре сивлессĕ, ăна йышăнмассĕ.

«Суйлав результачĕсем çакна кăтартса парассĕ: халăх правительствăн реакцилле, чухăнлăх тата вăрçă политикине пĕтерессшĕн», тенĕ Францири Коммунистсен партийĕн заявленийĕнче. Франци халăхĕ Францин пулас правительствин политики çĕршывăн нацилле интересĕсемпе килĕшсе тăмалла, тĕнчери йывăрлăха чакарма пулăшмалла, тесе требовани лартать. Халăх Çурçĕр Африка ыйтăвĕсене мирлĕн йĕркелемелле тата колонисенчи халăхсене хĕсĕрлеме чарăнмалла, ĕçсыннисен пурнăçне лайăхлатма тăрăшмалла, васкасах хĕçпăшалланма пăрахмалла, тесе требовани лартать. Урăх сăмахсемпе каласан, Франци арçынĕсемпе хĕрарăмĕсен чи йышлă ытларахăшĕ хăйсен çĕршывĕн мирпе социальнăй прогресс политикине тытса пымалла тесе çине тăрать.

Суйлав кампанийĕ вăхăтĕнче халăх массисем сулахайри мĕнпур вăйсене пĕтĕçтерессшĕн пулни яр-уççăн палăрнă. Суйлав умĕнхи кун радикалсен лидерĕ Мендес-Франс Парижра пулнă митингра тухса каланă, ăна кĕтсе илнĕ чухне пиншер суйлавçăсем: «Халăх фрончĕ!», тесе кăшкăрнă. Коммунистсен партийĕ Наци Фронтне тума чĕнсе каланине рядовой социалистсем тата радикалсен партийĕн нумай членĕсем хĕрÿллĕн ырласа кĕтсе илнĕ.

Франци халăхĕ суйлав вăхăтĕнче хăйĕн шухăш-ĕмĕтне уçăмлă палăртнă. Халĕ Францин миллионшар патриочĕсем Халăх фрончĕн правительствине туса хума ыйтассĕ. Коммунистсен, социалистсен, радикалсен вăйĕсене пĕрлештерсе парламентра çавăн пек правительствăна пулăшса пыма сулахайри партисен ытларахăшне туса хума май пур. Францири Коммунистсен партийĕ халăх интересĕсене тивĕçтерекен çĕнĕ политикăна пĕрле пурнăçласа пырасси çинчен социалистсен партийĕпе тата сулахайри ытти ушкăнсемпе калаçса татăлма хатĕр пулни çинчен пĕлтерчĕ.

Тепĕр енчен, суйлав хыççăн сылтăмри партисем кивĕ, юрăхсăр пулнипе палăрнă политикăна малалла тытса пырас тĕллевпе хăйсен правительствине туса хурассишĕн çине тăрсах ĕçлеме тытăннă.

Наци пухăвĕн сессине çывăхри кунсенчех пухассĕ. Наци пухăвĕнче Францин çĕнĕ правительствине туса хурас пирки кĕрешÿ вăйлă пулма пултарать.

С. ИВАНОВ,
А. НОВОГРУДСКИЙ.

## СОВЕТ ДЕЛЕГАЦИЙĔ ДЕМОКРАТИЛЛЕ ГЕРМАНИ РЕСПУБЛИКИНЧЕ КУРСА ÇÿРЕНИ

БЕРЛИН, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Вильгельм Пик президент 80 çул тултарнине уявланă çĕре хутшăнма Демократиллĕ Германи Республикине пынă Совет делегацийĕ—делегаци руководителĕ СССР Верховнăй Совет Президиумĕн Председателĕ К. Е. Ворошилов, делегаци членĕсем П. Н. Поспелов, О. В. Куусинен тата Г. М. Пушкин паян Потсдамра курса çÿренĕ, хулари историлле вырăнсенче пулнă. К. Е. Ворошиловпа делегаци членĕсем нимĕçсен XVIII-мĕш ĕмĕрти архитектурин паллă памятникĕсене—Сан-Суси дворецĕпе Çĕнĕ двореца пăхса çÿренĕ.

Унтан Совет делегацийĕ Цецилиенхофра—Потсдамра тунă историлле килĕшÿ çине алă пуснă вырăнта пулнă.

## ЧЕХОСЛОВАКИПЕ ХĔВЕЛТУХАÇĔНЧИ ÇĔРШЫВСЕМ ХУШШИНЧИ ЭКОНОМИКĂЛЛА ÇЫХĂНУСЕМ

ПРАГА, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки хăй Хĕвелтухăçĕнчи çĕршывсемпе тытакан экономикăлла çыхăнусене вăйлатса пырать. Чехословакири телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, юлашки виçĕ çул хушшинче Чехословаки специалисчĕсем 15 çĕршыв валли тĕрлĕ промышленность предприятийĕсем тумалли 30 проект ытла хатĕрлесе панă. Чехословаки тунă договорсене пурнăçласа, Турцире пирвăр фабрики, Египетра атă-пушмак фабрики, Китай Халăх Республикинче тирсăран завочĕ туса лартнă. Хальхи вăхăтра Чехословаки специалисчĕсен проекчĕ тăрăх Китайра кĕске хумлă радиостанци тата типографи тăвассĕ. Нумай стройкăсенче Чехословакири заводсем туса кăларакан оборудованине вырнаçтарса лартассĕ.

Кăçал Чехословаки проектировщикĕсем Египет валли керамика завочĕ тата Инди валли кантăк завочĕ тумалла проектсем хатĕрлессĕ.

## Англи маршалĕн милитаристла заявленийĕ

БЕРЛИН, январĕн 6-мĕшĕ. (ТАСС). Тăватă держава правительствисен пуçлăхĕсен Женеври канашлăвĕ хыççăн тĕнчери лару-тăру çăмăлланма пуçлани палăрчĕ. Тĕрлĕ социальнăй тата экономикăлла системăллă государствăсем пĕр-пĕринпе мирлĕ пурăнма пултарассине мĕнпур çынсем халĕ ытларах ĕненекен пулчĕç. Атомлă тата водородлă хĕçпăшалпа усă курассине хирĕç, тавлашуллă ыйтусене мирлĕ майпа татса памалла тăвассишĕн миллионшар çынсем нумайрах та нумайрах вăй хурса кĕрешессĕ.

Анчах та тĕнчери лару-тăру çăмăлланма пуçлани, çынсене йышлăн вĕлерсе пĕтерекен хĕçпăшала чарса лартас, вăрçа законлă мар тесе пĕлтерес тĕлĕшпе тĕнчери халăхсем хăйсен требованийĕсене вăйлатни вăрçă политикишĕн тăракансене канăç памасть. Халĕ вĕсем халăхсен çак законлă требованийĕсене хирĕç питĕ хытă тăрассĕ.

Çапла, сăмахран, Англин авиаци маршалĕ Слессор, январĕн 4-мĕшĕнче Дюссельдорфра сăмах тухса каласа, халăхсен требованине «татăклăн» сивленĕ. «Атомлă тата водородлă хĕçпăшала чарса лартассине,—тесе кăшкăрашнă çак чăрсăрланакан маршал, — эпир нихçан та килĕшме пултараймастпăр, унпа килĕшме пирĕн право çук, мĕншĕн тесен çак хĕçпăшал пирĕн тĕп вăй пулса тăрать».

Тăватă держава правительствисен пуçлăхĕсен Женеври канашлăвĕ хыççăн атомлă хĕçпăшалпа усă курма чарас тĕлĕшпе требовани кăларса тăратма пуçланă Англи общественноçне Слессор ятлама хăтланнă. Общинăсен палатин депутачĕсем Англири çар повинноçĕн срокне кĕскетме сĕннине Слессор: ку вăл «хăрушлăх» кÿрекен сĕнÿ, тенĕ.

«Пĕчĕк вăрçăсене» мухтаса, вĕсем пуçланнине ырласа, Слессор Инçет Хĕвелтухăçне çавăн пек вăрçăсен центрĕ вырăнне хурса хакланă, çак «пĕчĕк вăрçăсенче» атомлă хĕçпăшалпа усă курмалла, тенĕ.

«Францири суйлав результачĕсене кура,—тенĕ малалла Слессор,—Хĕвеланăç Германи çарĕн соединенийĕсене хăвăртрах пухса хатĕрлесси татах та пысăкрах вырăн йышăнать».

Хĕвеланăç Германин агрессилле çарне çĕнĕрен аталантарса вăйлатма, ăна Çурçĕр Атлантика союзне кĕртме чĕнсе, Слессор малашлăх пирки хăй мĕн шухăшлани çинчен калама та именсе тăман. Вăл, сăмахран, вăрçă условийĕсенче Хĕвеланăç Германие «радиоактивлă пушхир» туса хурасси çинчен каланă. «Атомлă бомбăпа фронтра кăна усă курни пирĕншĕн усăллă пулмасть. Пирĕн атомлă бомбăпа, çавăн пекех химилле хĕçпăшалпа хуласене тата халăх пурăнакан ытти пунктсене хирĕç кĕрешнĕ çĕрте те усă курмалла», тенĕ Слессор.

Хĕвеланăç Германин агрессилле çарне çĕнĕрен туса хунă май агрессорсем хатĕрлекен плансене уçса кăтартса, Слессор çапла каланă: Çурçĕр Атлантика союзĕн Хĕвеланăç Германири дивизийĕсене Демократиллĕ Германи Республикипе халăх демократи çĕршывĕсене хирĕçле наступленилле çапăçусем валли хатĕрлессĕ, тенĕ.

### КОЛУМБИРИ ХРЕСЧЕНСЕН ПАЛХАВĔСЕМ

НЬЮ-ЙОРК, январĕн 5-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентстви Богота хулинчен (Колумби) пĕлтернĕ тăрăх, Толима департаментĕнчи хресченсен пăлхавĕсем вăйланса пырассĕ. Полици влаçĕсем пĕлтернĕ тăрăх, январĕн 2-мĕшĕнче Толима департаментĕнчи чылай хуласенче 600 ытла хресчен-партизан правительство учрежденийĕсене тапăннă. Агентство çакна палăртать: хресченсен юхăмне хутшăннă çынсене пусарса лартма унта çар полицийĕпе салтаксене янă.

УКĔРЧĔК ÇИНЧЕ: республикăри XXI-мĕш шахмат чемпионачĕнче.
Г. Зиньков фотоÿкерчĕкĕ.

## Республикăри XXI-мĕш шахмат чемпионачĕ

Республикăри шахмат чемпионачĕнчи виççĕмĕш турта пуринчен ытла республика чемпионĕ Чугуновпа Шупашкар хули чемпионĕ Никитин выляни интереслĕ пулчĕ. Икĕ шахматист та çак тĕлпулăва тăрăшса хатĕрленни сисĕнет. Вăхăт нумаях иртмест, Никитин пĕр пешка выляса илет. Вĕсен партине тепĕр чухне выляса пĕтерме хăварнă. Никитинăн Чугуновран выляса илме шанăç пур.

Родионов 33 хут çÿренĕ хыççăн Казакова çĕнтерчĕ. Çапла ĕнтĕ вăл, пĕррелĕш разрядри шахматист ятне илнĕ çамрăк спортсмен, умлă-хыçлă виçĕ парти выляса илчĕ. Яковлев—Тямина, Игумнов—Москалева, Соболев—Романова çĕнтерчĕ. Гуляев шахматист, Петровпа тĕл пулса вылянă чухне, хăйне лайăхрах пултăр тесе, ладьине пачĕ. Анчах та асăрханулла пулман пирки часах фигурăсăр тăрса юлчĕ, 62 хут çÿренĕ хыççăн унăн Петрова парăнмалла пулчĕ. Сиротинпа Муртазин партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ.

Виçĕ тур хыççăн Родионовпа (Шупашкар хулинчен) Яковлев (Шăхасан районĕнчен) малта пырассĕ. Вĕсем 3-шер очко пухнă. Игумновпа Петров (иккĕшĕ те Шупашкартан) 2-шер очко выляса илнĕ.

Шахмат енĕпе республика чемпионĕн ятне илессишĕн иртерекен ăмăртура малта пыракан Родионов тăваттăмĕш турта Тямина çĕнтерчĕ. Никитин, Москалевпа тĕл пулса, чи малтан пешка выляса илчĕ, унтан, Москалев тĕрĕс çÿременнипе усă курса, ăна çĕнтерчĕ. Республика чемпионĕ Чугунов—Петровран, Сиротин—Игумновран, Романов—Гуляевран, Соболев—Казаковран выляса илчĕç. Муртазинпа Яковлев партийĕ нихăшĕ те çĕнтерейменнипе вĕçленчĕ.

Тăватă тур хыççăн та çамрăк шахматист Родионов малта пырать. Вăл халиччен хăйпе тĕл пулса вылянă шахматистсене пурне те çĕнтернĕ. Яковлев 3,5 очко, Сиротин, тăватă партире 2,5 очко, Чугуновпа Никитин 2,5-шер очко (вĕсен выляса пĕтермен парти пур) пухнă.

В. СЕРГИЕВСКИЙ.

## Шупашкарти кондитерски фабрикăра

Шупашкарти кондитерски фабрика ĕçсыннисем валли паха çимĕçсем — печенисем, премĕксем, канфетсем, тортсем, пирожнăйсем чылай туса кăларать. Иртнĕ çулхи задание вĕсем срокчен тултарнă, планран иртерсе 500 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларнă.

Çĕнĕ çула — улттăмĕш пилĕкçуллăхăн малтанхи çулне — фабрика коллективĕ татах та лайăхрах ĕçлес ĕмĕтсемпе кĕтсе илчĕ. Чылай рабочисемпе работницăсем тата мастерсем çĕнĕ çулăн малтанхи кунĕсенчех сменăри нормăсене иртерсе тултарассĕ. Çемçе канфетсем туса кăларнă çĕрте ĕçлекен Наумова юлташ бригади, сăмахран, кашни сменăрах планран иртерсе 100 килограмм канфет туса хатĕрлет.

Карамель цехĕнчи Яшинăпа Михайлова, премĕк-печени цехĕнчи Тыкинăпа Давыдова юлташсен бригадисем те сменăри нормăна иртерсе тултарассĕ.

Ĕçсыннисен кăмăлĕсене лайăхрах тивĕçтерес шутпа хăшпĕр йышши канфетсене тĕрлĕрен илемлĕ коробкăсем ăшне хурассĕ. Халĕ магазинсемпе ларексенче тата буфетсенче çак предприятире хутпа чĕркесе кăларнă «К чаю», «Привет», «Алые цветочки» печенисем сутассĕ.

Кăçал фабрикăн иртнĕ çулхинчен нумайрах продукци туса кăлармалла. Цехсем, бригадăсем, уйрăм работницăсемпе мастерсем заданисене чыслăн пурнăçлассишĕн, халиччен фабрика тупăш парса ĕçлемен пулсан, ăна тупăшлă предприяти тăвассишĕн ăмăртса ĕçлессĕ. КПСС XX-мĕш съезчĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса, вĕсем кăçалхи пĕррелĕш квартал планне 7 кун маларах тултарма, ĕç тухăçлăхне ÿстермелли çĕнĕ резервсене тупса палăртма обязательство илнĕ.

Кунти рабочисем, инженерсемпе техниксем ĕç тухăçлăхне ÿстерес, продукци пахалăхне лайăхлатас енĕпе малта пыракан кондитерски предприятисен опытне вĕренме тăрăшассĕ. Иртнĕ çул фабрикăра механик пулса ĕçлекен Лаврентьев, цех начальникĕ Семенова, слесарь-наладчик Солодаев Мускаври предприятисенче, мастер Щепетовăпа аслă химик Улизко — Горькири предприятисенче пулса малта пыракансен опытне вĕреннĕ. Çакна май халĕ хăшпĕр ĕçсене хăвăртрах туса пыма тытăнни сисĕнет. Сăмахран, канфетсене хутпа чĕркенĕ çĕрте малта пыракан опытпа усă курнă май ĕç тухăçлăхĕ икĕ хута яхăн ÿснĕ.

Фабрикăра ĕç тухăçлăхне ÿстерессишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн тата унăн хăйне ларакан хакне йÿнетессишĕн, КПСС XX-мĕш съездне ĕçри çитĕнÿсемпе кĕтсе илессишĕн социализмла ăмăрту вăйланса пырать.

Т. МАЙОРОВ.

## Колхозсенчи водопроводсем

Республикăри колхозсенче водопроводсем тăвасси çултан-çулах ÿссе пырать. 1955 çулхи декабрь уйăхĕнче кăна, «Водстрой» кантурĕ пулăшнипе, Çĕрпÿ районĕнчи «Сталинцы» тата «1905 год», Комсомольски районĕнчи «Красная звезда», Пăрачкав районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсене водопроводсем кĕртсе çитернĕ.

Чылай вырăнсенче водопроводсем тунă май ятарласа артезиан çăлĕсем чавма тивнĕ. Сăмахран, Çĕрпÿ районĕнчи «1905 год», Пăрачкав районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозсенче тапса тухакан çăлкуççем çывăхра çук. Çакна кура унта машинăсемпе тарăн алтса çăлсем тунă.

«Водстрой» кантурĕнчи Телеганов юлташ бригади декабрь уйăхĕнче Куславкка поселокĕнче виçĕ тарăн çăл алтса тата икĕ çăла тĕплĕн юсаса пачĕ. Ку çăлсене Куйбышев тинĕсĕ пулнă май урăх çĕре куçарнă çĕнĕ урамсенчи ĕçсыннисене шыв парса тăма тунă.

Çĕрпÿ районĕнчи «Авангард» ялхуçалăх артелĕнче декабрь уйăхĕн малтанхи кунĕсенче вунă метр çÿлĕш пысăк пĕве туса лартрĕç. Пĕве пĕвелен çĕрте бульдозерист П. Алексеевпа унăн помощникĕ Г. Кушняков çĕрĕн-кунĕн икĕ сменăпа улшăнса ĕçлерĕç. Хăвăрт та лайăх ĕçлесе, вĕсем задание срокченех пурнăçларĕç. Çавăн пекех, Пăрачкав районĕнчи Жданов ячĕпе тăракан колхозра та иртнĕ уйăхра—икĕ эрне хушшинче—выльăх-чĕрлĕх ферми валли пĕр километра яхăн водопровод турĕç. Халиччен «Водстрой» кантурĕнчи руководительсем хĕлле колхозсенче пĕвесемпе водопроводсем тума май çук тесе шутланă.

1956 çулта «Водстрой» кантурĕн производство планĕ, иртнĕ çулсемпе танлаштарсан, икĕ хута яхăн ÿсет. Çавăнпа та кунти работниксен хăйсен ĕçĕсене чылай лайăхлатас пулать, хĕлле те, çулла та пĕр тикĕс ĕçлеме тăрăшма тивет.

А. АЛЕКСЕЕВ.

## Культурăлла пурнăç хроники

**Лайăх ĕçлекен киномеханик.** Красноармейски районĕнчи Яманак, Мăн Шетмĕ, Мартынкасси ялĕсенче кино кăтартса çÿрекен А. Алексеев киномеханик кăçал кино кăтартмалли плана октябрь уйăхĕнчех иртерсе тултарнă. Лайăх ĕçленĕшĕн, плана яланах ăнăçлă тултарса пынăшăн ăна темиçе хут та премия панă.

**Ялти библиотекăра.** Вăрнар районĕнчи Мăн Турхан ялĕнчи библиотека валли кăçал 1.800 тенкĕлĕх тĕрлĕ литература туяннă. Библиотекăра 4.300 кĕнеке шутланать. 1956 çулта илсе тăма 1.200 тенкĕлĕх, пĕтĕмпе 30 экземпляр хаçат-журнал çырăннă.

**Лекцисемпе докладсем.** Чăвашсен Вăтам ялхуçалăх шкулĕнче вĕренекенсем валли час-часах лекцисемпе докладсем иртерĕççĕ. Нумаях та пулмасть кунта Инди çĕршывĕ çинчен лекци пулнă. Çак ыйтупах преподаватель Степанова юлташ пĕррелĕш курсра вĕренекенсемпе уйрăм калаçу иртернĕ.

**Примерлă письмоносец.** Иплей районĕнчи «Красный плуг» колхозри письмоносец Г. Евдокимов юлташ çитес çул илсе тăма ĕçсыннисене 2 пин тенкĕлĕх ытла хаçат-журнал çырăнтарнă. Пысăках мар ялта Мускавра тухакан хаçатсемпе журналсене 34 экземпляр, республикăра тухаканнисене 76 экземпляр илсе тăрассĕ.

**Драма кружокĕн постановки.** Тăвай районĕнчи культура çуртĕ çумĕнчи драма кружокĕ çак кунсенче К. Пайраш çырнă «Туссем» ятлă пьеса тăрăх спектакль лартнă. Спектакль курма район центрĕнчи ĕçсыннисем кăна мар, çывăх ялсенчен те чылай пухăннă. Драма кружокĕ çак спектаклех «Красная Чувашия» колхозра та кăтартнă.

**Культура çуртĕнче.** Çĕрпÿри культура çуртĕ хăйĕн ĕçне лайăхлатсах пырать. Халĕ унта хорпа драма кружокĕсем ĕçлессĕ тата духовой оркестр организациленĕ.

**Артистсемпе тĕл пулнă.** Чăвашсен педагогика институтĕнчи студентсем нумай пулмасть вырăссен драма театрĕнче «Любовь Ани Березко» спектакле ушкăнпа курнă. Унтан вĕсем пьесăри тĕп рольсене вылякан артистсемпе тĕл пулса калаçнă.

**66 пин кĕнеке.** Чăвашсен ялхуçалăх институчĕн библиотекинче политика, наука, ялхуçалăх тата ытти ыйтусемпе çырнă кĕнекесем, илемлĕ литература произведенийĕсем 66 пин том ытла шутланассĕ. Учебниксемпе вĕренÿре кирлĕ пособисем кăна 43.800 кĕнекене çитнĕ.

## Г. П. Быстричкин

1956 çулхи январĕн 7-мĕшĕнче Шупашкар район Совечĕн депутачĕ, КПСС райкомĕн членĕ, район прокурорĕ, КПСС членĕнче 1925 çултанпа тăнă Григорий Петрович Быстричкин сасартăк вилсе кайрĕ.

Г. П. Быстричкин 16 çултах ĕçлеме тытăннă. Вăл учительре ĕçленĕ, Совет çарĕнче пулнă. 1925 çулта вăл волисполком председателĕ пулса ĕçленĕ, каярахпа халăх судьи тата Чăваш АССР Главнăй сучĕн членĕ пулнă. 1939 çулта Мускаври правовой академирен вĕренсе тухнă та 7 çул хушши республика прокурорĕн заместителĕнче ĕçленĕ. Вăл 1943 çултан пуçласа 1952 çулччен Куславкка районĕн, 1952 çултан пуçласа Шупашкар районĕн прокурорĕ пулнă.

Г. П. Быстричкин пултаруллă та активлă работник пулнипе палăрнă. Вăл яланах ăшă кăмăллă юлташ пулнă. Ăна «Ĕçри хастарлăхшăн» тата «1941—45 çулсенчи Аслă Отечественнăй вăрçă вăхăтĕнче хастарлă ĕçленĕшĕн» медальсемпе наградăланă.

Партипе Тăван çĕршывăн шанчăклă ывăлĕн Г. П. Быстричкин ятне эпир нумайччен хамăр чĕресенче асра тытăпăр.

Юлташĕсен ушкăнĕ.

### ЧĂВАШ АССР-ĕпе АРЗАМАС ОБЛАÇĔНЧИ ÇАМРĂК СПОРТСМЕНСЕН ĂМĂРТĂВĔ

РСФСР-ти шкулсенче вĕренекенсен виççĕмĕш спартакиадине хатĕрленнĕ май çак кунсенче Шупашкарта Чăваш АССР-ĕпе Арзамас облаçĕнчи çамрăк физкультурниксемпе физкультурницăсен ăмăртăвĕ пулчĕ. Вĕсем волейболла тата баскетболла вылянине курма «Динамо» клубне çамрăксем уйрăмах нумай çÿрерĕç.

Чăваш АССР-ĕн волейболисчĕсем хăнасене 3:1 шутпа çĕнтерчĕç. Пирĕн республикăри хĕрачасен команди те, хăнасенчен лайăхрах выляса, 3:2 шутпа çĕнтерчĕ.

Баскетбол командисен вăййи уйрăмах интереслĕ пулчĕ. Арзамас облаçĕн арçын ачасен команди пирĕн республика командине 36:55 тата хĕрачасен команди— 26:40 шутпа выляса ячĕ.

Çапла ĕнтĕ Чăваш АССР-ĕнчи шкулсенче вĕренекенсен командисем, баскетболпа волейбол енĕпе тăватă вăйăра та çĕнтерсе, РСФСР-ти шкулсенче вĕренекенсен виççĕмĕш спартакиадин зонăри ăмăртăвне хутшăнма тивĕçлĕ пулчĕç. Зонăри ăмăртусем çуркуннехи каникул вăхăтĕнче пулассĕ.

### ШКУЛСЕНЧЕ ВĔРЕНЕКЕНСЕН РЕСПУБЛИКĂРИ СПАРТАКИАДИ

Ĕнер Шупашкарта шкулсенче вĕренекенсен республикăри хĕллехи спартакиади уçăлчĕ. Спартакиадăна килнĕ çамрăк физкультурниксемпе физкультурницăсем йĕлтĕрпе хăвăрт чупас, слалом меслечĕпе ярăнас тата гимнастика енĕпе ăмăртассĕ.

Малтанхи кун йĕлтĕрçĕсен эстафетăлла ăмăртăвĕсемпе слалом меслечĕпе ярăнмалли ăмăртусем пулчĕç. Паян çамрăк физкультурниксемпе физкультурницăсем хулари спорт залĕсенче гимнастика енĕпе ăмăртассĕ. Кунпа пĕрлех арçын ачасем йĕлтĕрпе 10 километр, хĕрачасем—5 километр чупмалли ăмăртăва хутшăнассĕ.

### Учительсен хорĕ

СОВЕТСКИ. Мăн Чураш Вăтам шкулĕнче иккĕмĕш çул ĕнтĕ учительсен хорĕ ĕçлет. Кĕске вăхăтрах вăл районта палăрма ĕлкĕрчĕ. Нумаях пулмасть хор коллективĕ «Герой» тата Суворов ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕсен членĕсем умĕнче, çавăн пекех районти учительсен кунĕнче концертсем панă.

Редактор М. Н. ЯКИМОВ.

Шупашкар район Совечĕн исполкомĕпе КПСС райкомĕ район прокурорĕ, КПСС райком бюровĕн членĕ, район Совечĕн депутачĕ
Григорий Петрович
БЫСТРИЧКИН
январĕн 7-мĕшĕнче сасартăк вилсе кайни çинчен унăн çемйипе тата тăванĕсемпе пĕрле хурланса пĕлтерессĕ.

Шупашкар районĕнчи прокуратура работникĕсен коллективĕ Шупашкар районĕн прокурорĕ
Григорий Петрович
БЫСТРИЧКИН
вилни çинчен унăн çемйипе тата тăванĕсемпе пĕрле хурланса пĕлтерет.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ январĕн 8-мĕшпе 9-мĕшĕнче кăнтăрла тата каçхине вырăсла спектакль «Несчастный случай». Спектакльсем 12 тата 19 сехет те 30 минутра пуçланассĕ.

### КИНО

«РОДИНА». Январĕн 8-мĕшĕнче кăнтăрлахи сеанссенче илемлĕ фильм «Матрос Чижик» кăтартассĕ, 16 сехетре пуçланакан сеанссра историлле-документла çĕнĕ фильм «1905 год», 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «В поисках адресата» кăтартассĕ.

Январĕн 9-мĕшĕнче 10, 12 тата 14 сехетсенче пуçланакан сеанссенче «Васек Трубачев и его товарищи», 16, 18.15, 20 тата 22 сехетсенче пуçланакан сеанссенче çĕнĕ илемлĕ фильм «Таланты и поклонники» кăтартассĕ.

Татьяна Александровна Бодрова гражданка, Шупашкар хулинче Мичурин урамĕнчи 3-мĕш çуртра пурăнаканскер, упăшкипе Владимир Иванович Бодров гражданинпа уйрăлас пирки ĕç пуçарнă. Ĕçе Чăваш республикинчи Верховнăй суда пăхса тухассĕ.

РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—4-17, ответлă секретарь—4-20, секретариат—7-32, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăç пайĕ—3-90, обзорсен пайĕ—6-84, пропаганда пайĕ—5-21, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—3-04, совет строительстви пайĕ—3-04, литературăпа искусство пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—3-54, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 00310 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 16. Тираж 37.000 экз.